ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Декабрь 6 ВЫРСАРНИКУН № 238 (9147) Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.



## Çуракине хатĕрленес ĕçе вăйлатмалла

Çуракине ăнăçлăн ирттерме хатĕрленессин ялхуçалăх ĕçченĕсен паянхи питĕ пысăк задачи пулса тăрать. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ нумай колхозсемпе совхозсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ пысăк маррине тата унăн сăлтавĕсене тĕплĕн кăтартса пачĕ. Çав сăлтавсенчен пĕри вăл çуракине чăтма çук вăрăм вăхăт хушши туса ирттерни, сортлă мар, начар вăрлăх акни, акмалли нормăна чакарни тата малта пыракан агротехникăна пурнăçламанни пулать. Çав çитменлĕхе татăклăн пĕтерессси—колхозсен, МТС-сен тата совхозсен пирвайхи тивĕçĕ.

Çитес çуракинче малта пыракан агротехникăна çирĕп пурнăçламалла тăвас пулать. Çапла вара 1954 çулта ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстермелли плана тултарма, вăйлă тырпул туса илме çирĕп никĕс хывмалла.

Çуракине хăвăрт тата вăхăтра ирттерме хатĕрленесси парти райкомĕсен, райсовет исполкомĕсен, колхоз председателĕсен, МТС директорĕсен, ялсенчи парторганизацисен ĕçĕнче халĕ тĕп вырăн йышăнмалла. Партилле-политикăлла тата организацилле пĕтĕм ĕçе колхозниксене, механизаторсене, ялхуçалăх специалисчĕсене çуракине хатĕрленес ĕçри мĕнпур ытлăхсене тата пама мобилизацилес тĕллевпе туса пырас пулать.

Çитес çуракине нихçанхинчен те лайăхрах ирттерме мĕн кирли пирĕн пурте пур. Колхоз производствине аталантарассине ăнăçлă татса паракан МТС-сем вăйланчĕç. Вĕсен çĕнĕ йышши хăватлă машинăсем нумай туянчĕç. Партипе правительство тăрăшнипе МТС-сенчи механизаторсен йышĕ пултаруллă тата пысăк квалификациллĕ кадрсемпе нумайланчĕ. Техника вăйĕпе, кадрсен ăсталăхĕпе тата хастарлăхĕпе усă курни çуркунне уйхирти пур ĕçсене те вăхăтра тата агротехника тĕлĕшĕнчен лайăх ирттерме май парĕ.

МТС руководителĕсен, пуринчен малтан, тракторсемпе ытти машинăсене лайăх юсаса хатĕрлемелле тăвас пулать. Вĕсен кашни трактора, сеялкăна тата ытти машинăсене мастерскойран кăларнăччен ĕçлеттерсе пăхса тĕрĕслемелле. Трактор уйхирте пĕр кăлтăксăр кунĕн-çĕрĕн ĕçлеме юрăхлă пулсан кăна ăна лайăх юсанă теме пулать. Тракторсене юсама малтанах тĕплĕн хатĕрленнĕ МТС-сенче, сăмахран, Красноармейскипе Йĕпреç МТС-ĕсенче, ĕç ăнса пырать пулсан, ытти чылай машина-трактор станцийĕсенче ĕç чăтма çук япăх. Машинăсене юсас тĕлĕшпе малта пыракансем ĕçре кирлĕ пулакан хатĕрсене, запаслă пайсене вăхăтра хатĕрлерĕç, ĕç вырăнне тĕрĕс вырнаçтарса тухрĕç, рабочисен ĕçне кирлĕ пек йĕркелерĕç, машинăсене узловой меслетпе юсассине майлаштарчĕç. Çаксене тума ытти МТС-сенче майсем çук-ши вара? Пур, анчах хăшпĕр МТС-сен руководителĕсем иртнĕ çулсенчи хăнăхусенчен халĕ те хăтăлаймаççĕ, вĕсем машинăсене юсас ĕçе йĕркелеме, ку тĕлĕшпе çĕнĕ майсемпе усă курма тăрăшмаççĕ, запаслă пайсене тупма е кÿрсе килме, хăшпĕрисене вырăнтах тума шутламаççĕ. Çĕмĕрле МТС-не илерĕр. Вăл, ытти çулсенчи пекех, кăçал та кайра пырать. Çак çитменлĕхе парти райкомĕ, пуринчен малтан Ялхуçалăх министерстви, хăçанччен чăтса пурăнăç-ши? Çĕмĕрле—промышленноçлă пысăк центрсенчен пĕри. Унта квалификациллĕ кадрсем нумай. Предприятисем те МТС-а пысăк пулăшу пама пултараççĕ. Анчах парти райкомĕ çав майсемпе усă курма пулăшмасть. КПСС Куславкка райкомĕ те МТС ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăннине курăнмасть-ха.

Çак фактсем акă мĕн çинчен калаççĕ: хăшпĕр райкомсемпе райсовет исполкомĕсем, иртнĕ вăхăтри пекех, МТС-сене çиелтен ертсе пыраççĕ, ĕçсем чăннипе мĕнле тăнине тĕпĕ-йĕрĕпе пĕлмеççĕ, унти кадрсемпе куллен ĕçлемеççĕ, вĕсене ĕçе вăхăтра тата лайăх тума хавхалантарса пымаççĕ. Ку çитменлĕхсене васкаса пĕтерсен кăна тракторсемпе ытти машинăсене юсас ĕç хăвăртлăхĕ ÿсме пултарать.

Ĕç ăнăçлă пулассси кадрсенчен килни çинчен час-часах калаçаççĕ, анчах вĕсене суйласа илес, тĕрĕс вырнаçтарса тухас ыйту çине çаплипех シимсĕр пăхаççĕ. МТС-семпе колхозсем валли инженерсем, механиксем, агрономсем, зоотехниксем суйласа илесси чылай çĕрте кирлĕ пек пулса пымасть. Çак кадрсене районсем тăрăх вырнаçтарас ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Хăшпĕр районсене, акакан çĕр лаптăкĕ пĕчĕкрех пулин те, аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă агрономсемпе зоотехниксем ытларах ярса панă, акакан çĕр лаптăкĕ пысăкрах районсенче, сăмахран, Елчĕк районĕнче, çавăн пек кадрсем сахалтарах. Ялхуçалăх специалисчĕсене тĕрĕс вырнаçтарса тухасси пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Çак ыйтăва тĕрĕс татса панипе пĕрлех парти райкомĕсен, райсовет исполкомĕсен тракторситсем, бригадирсем, механиксем, машиноведсем, комбайнерсем тата ытти кадрсем мĕн чухлĕ кирлине шута илсе, вĕсене хатĕрлессине организацилеме МТС-сене пулăшмалла.

МТС-сен пурнăçлă ыйтăвĕсемпе куллен интересленнĕ вăхăтрах, парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсен кашни колхозăн пурнăçĕпе тĕплĕн паллашмалла, юлса пыракан колхозсем çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Çав колхозсен экономикине, вĕсем мĕншĕн кая юлнине пур енчен те тĕпчесе пĕлсе, обществăлла хуçалăха аталантарма кашни колхоз тăрăх мĕн-мĕн тумаллине палăртмалла, çуракине хатĕрленме тата ирттерме кашни колхозра план пулмалла. Колхозсене пултаруллă кадрсемпе çирĕплетесси уйрăмах пысăк ыйту пулса тăрать. Райком секретарĕсем ĕçлеме пултарни, çитĕнсе çитни, массăсене ертсе пыма пултарни, чи малтан, колхозсене обществăлла хуçалăха лайăх организацилесе ертсе пыма пултаракан кадрсемпе çирĕплетме пĕлнинче палăрать.

Çуракине хатĕрленес ĕçре вăрлăх ыйтăвĕ уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çитес çуракинче сортсăр, начар тата таса мар вăрлăх акни, акмалли нормăна чакарни пулмалла мар. Халлĕхе чылай колхозсенче вăрлăх фончĕсене кирлĕ чухлĕ хывса çитермен-ха. Сăмахран, Хĕрлĕ Чутай районĕнчи 11 колхозра тулă, 19 колхозра урпа вăрлăхĕ çитмест. Вăрлăхлăх çĕрулми хатĕрлесси республикăра питех те начар тăрать. Чкаловски районĕнчи колхозсенче, сăмахран, вăрлăх валли çĕрулми 57 процент кăна хатĕрленĕ. Нумай районсенче халĕ те ăна çапса пĕтермен.

Пур культурăсем тăрăх та вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесси паян тумалли ĕç. Хатĕрленĕ вăрлăха лайăх усрани кирлĕ. Тырпул вăрлăхĕсене машинăсемпе тасатмалла. Вăрлăхлăх çĕрулмине те çуркунне мар, халех суйласа хумалла. Нумай çул, пĕр çул ÿсекен курăк вăрлăхĕ çителĕклĕ пулмалла.

Вăйлă тырпул туса илме удобренисем нумай кирлĕ. Органикăлла удобренисем ытларах пухма тăрăшмалла, компостсем тумалла, торф нумайрах кăлармалла, минераллă удобренисем кирлĕ чухлĕ тата вăхăтра кÿрсе килмелле. Пахча çимĕç калчи кăларса лартмалли чÿлмексем çителĕклĕ тума торфпа çĕрĕк тăпри кирлĕ чухлĕ хатĕрлес пулать. Çак ĕçсене ырана хăвармалла мар, вĕсене паянах тытăнса туса пымалла.

Пирĕн колхозсемпе МТС-сенче çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн мастерĕсем йышлăн ÿссе çитĕнчĕç. Вĕсен опытне сарса пырас пулать. Анчах халлĕхе малта пыракансен опычĕ çинчен кĕнекесем çителĕксĕр кăлараççĕ, лекцисемпе докладсем сахал ирттереççĕ. Ялхуçалăх культурисене акса тумалли прогрессивлă меслетсене вĕренессине агрозоотехника курсĕсенче начар йĕркеленĕ. Çак курссем нумай çĕрте япăх ĕçлеççĕ. Колхозниксене, МТС работникĕсене малта пыракан колхозсене кайса курма, вĕсен ĕçĕпе паллашма экскурсисем ирттермеççĕ. Çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мастерĕсен опытне сарни, вĕсен çитĕнĕвĕсене колхоз производствине кĕртсе пыни çĕрĕç культурине ÿстерме пулăшать. Малта пыраканнине, çĕннине пропагандăлассси парти организацийĕсемпе совет органĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен пысăк тивĕçĕ пулса тăрать.

Çуракине хатĕрленес ĕçе куллен ертсе пырса, парти райкомĕсен, пуçламăш парторганизацисен ялхуçалăх ĕçченĕсен политикăлла тата производствăлла активлăхне пуçарса пырас пулать. Партилле-политикăлла ĕçе вăйлатнипе колхоз хресченĕсен массăлла социализмла ăмăртăвне организацилемелле. Çитес çуракине лайăх хатĕрленсе кĕтсе илни КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе çĕршыв умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлас ĕçре пысăк утăм туни пулать.

## Хамăр республикăра





УКЕРЧĔКСЕМ ÇИНЧЕ: сулахайра — Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи слесарь-сборщик Л. Г. Сергеев стахановец панельсем пуçтарать. Вăл кулленхи ĕç нормине 180 процент тултарать. Сылтăмра—почтăра ĕçлекен Г. Александрова К. Е. Егорова пенси укçи пама киле пынă.
Кирилл Егорович Егоров 10 çул ытла учитель пулса, ун хыççăн 1920 çултанпа театрта артист пулса ĕçленĕ. Халĕ пенси илсе тăрать.
Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕсем.

### Рационализаторсемпе изобретательсен конференцийĕ

ÇĔМĔРЛЕ. Экстракт тăвакан «Большевик» заводра рационализаторсемпе изобретательсен конференцийĕ пулса иртрĕ. Докладчик главнăй инженер В. Зотов юлташ тата прение тухса калакансем çакна палăртрĕç: кăçал рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем производствăна çĕнетсе лайăхлатма, йывăр ĕçе механизацилеме, чĕртавар перекетлеме пулăшакан 89 паха сĕнÿ панă. Тăхăр уйăх хушшинче пурнăçа кĕртнĕ 16 рационализаторла сĕнÿ çулталăкра 140 пин тенкĕ перекетлеме май парать.

Уйрăмах П. Щукин, М. Петров, Н. Шигашев, Н. Николаев, В. Сидоров, С. Бабаев рационализаторсен пуçарулăхĕпе пултарулăхне палăртас пулать.

Малта пыракан предприятисен опычĕпе паллашма кăçал заводри рационализаторсем Можгинскри завода икĕ хут кайса килчĕç.

СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствин главнăй управленийĕ сĕннипе заводра çĕршыври ытти предприятисенче панă рационализаторла сĕнÿсене чылай сăнаса пăхнă.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

### РАДИО КĔРТЕÇÇĔ

СОВЕТСКИ. Мăн Чурашри «Герой» колхозра çак кунсенче радиоузел туса пĕтернĕ. Халĕ колхозниксен килĕсенче радио калаçать. Ял çыннисем Мускавран тата Шупашкартан паракан хыпарсене юратса итлеççĕ.

### Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн

КОМСОМОЛЬСКИ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановление «Гигант» колхозри колхозниксем, мĕнпур ĕççыннисем пекех, пысăк хаваслăхпа йышăнчĕç. Вĕсен ĕçри хастарлăхĕ татах та вăйланчĕ. Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн кĕрешÿ куллен сарăлса пырать. Социализмла ăмăрту нихçанхинчен те ытларах çĕкленчĕ.

Колхоз çитес çуркунне акма кирлĕ таран вăрлăх хатĕрлесе хучĕ. Вăрлăха МТС-ăн çĕнĕ машинипе тата триерпа сортласа тасатнă. Çавăн пекех çĕрулми вăрлăхĕ те çителĕклĕ хатĕрленĕ. Ăнса пулакан «Лорх» çĕрулмине хатĕрлесе суйласа хунă.

Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçре хĕллехи агротехникăлла ĕçсене вăхăтра тата кирлĕ пек пурнăçа кĕртсе пыни пысăк вырăн йышăнать. Колхоз правленийĕ хĕллехи вăхăтра агротехникăлла ĕçсем туса ирттермелли план хатĕрлерĕ. Кашни уй-хир бригадине задани панă. Халĕ уй-хир бригадисенче вырăнти удобренисем пухас, хире тислĕк кăларас ĕçсем кунсерен хăвăртланса пыраççĕ. 1.500 тонна тислĕк кăларнă та ĕнтĕ.

Тырпул тухăçне ÿстерес ĕçре калчасене минераллă удобренисем çителĕклĕ сапса пани пысăк вырăн йышăнать. Колхоз правленийĕ 200 тонна минераллă удобренисем илме палăртрĕ. Паянхи куна 100 тонна туянса, 70 тонна кÿрсе килнĕ.

Халĕ колхозра çуракине хатĕрленес ĕç сарăлса пырать.

**И. СИДОРОВ.**

ЕТĔРНЕ. Маленков ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем çитес çулхи çуракине хатĕрленес ĕçе анлăн сарса ячĕç. Минераллă удобрени чылай кÿрсе килнĕ. Мĕнпурĕ 60 тонна минераллă удобрени туянма палăртнă.

Хальхи вăхăтра уй-хире тислĕк кăларас ĕç хĕрÿллĕ пырать. Кĕл, кайăк-кĕшĕв тислĕкĕ пухас ĕçе те аван организациленĕ.

Çакăнпа пĕрлех вăрлăхсене сортласа тасатаççĕ.

Уй-хире кăçал торф нумай кăларма палăртнă. Ку ĕçре колхоза МТС пысăк пулăшу парать.

**И. ПЕТРОВ.**

### ПЛАНРАН ИРТТЕРСЕ

ÇĔРПУ. Районти предприятисемпе алăсталăх артелĕсенче çулталăкри производство планне срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Уйрăм коллективсем ăмăртура паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Типографи, районти промкомбинат, апат-çимĕç комбиначĕн коллективĕсем çулталăк планне ăнăçлăн тултарчĕç. Халĕ вĕсем планран ирттерсе продукци туса кăлараççĕ. Промкомбинат коллективĕ çулталăк вĕçлениччен планран ирттерсе 250 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларассишĕн кĕрешет.

Апат-çимĕç комбинатĕнче ĕçлекенсем планран ирттерсе 130 пин тенкĕлĕх премĕк, печени, булка тата ĕçмелли япаласем туса кăларма обязательство илнĕ.

### ОРДЕНСЕМ ПАНИ

Ноябрĕн 27-мĕшĕнче Чăвашсен педагогика институтĕнче студентсен, профессорсемпе преподавательсен, служащисен пухăвĕ пулнă. Пухура Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председатель заместителĕ Д. Я. Митьков юлташ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ тăрăх наградăламалла тунă юлташсене орденсем панă.

Педагогика ĕçĕнче нумай вăхăт хушши лайăх ĕçленĕшĕн педагогика наукисен кандидачĕ Г. В. Васильев доцент, философи наукисен кандидачĕ Г. Г. Германов доцент, биологи наукисен кандидачĕ А. А. Кондакова доцент «Хисеп палли» орденĕсем илнĕ.

### Ялхуçалăх специалисчĕсен семинарĕ

ЧУРАЧĂК. КПСС райкомĕ, районти ялхуçалăх специалисчĕсен, колхоз руководителĕсен тата партипе совет активĕн квалификацине ÿстерес майпа, ялан ĕçлекен семинар организациленĕ.

Пĕрремĕш занятире ялхуçалăх специалисчĕсем, колхоз председателĕсем, партипе совет, хуçалăх работникĕсем пурĕ 164 çын пулнă. Семинарта КПСС обкомĕн секретарĕ Н. А. Шмаков юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем тата ялхуçалăх работникĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен доклад туса панă. Чăвашсен ялхуçалăх институтĕн доценчĕсем ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Т. А. Кружилин юлташ «Выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвасси çинчен», ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Т. А. Сикстель юлташ «Çĕрулмипе пахча çимĕçсене тăваткăл тĕмĕн меслетпе лартса тăвасси çинчен» лекцисем вуланă.

Ноябрĕн 18-мĕшĕнче районти ветеринари работникĕсен семинарĕ пулчĕ. Вĕсем республикăри ветеринари поликлиникин директорĕ В. А. Лобышев юлташ «Выльăхсен ерекен чирĕсем çинчен» вуланă лекцие итлерĕç.

КПСС райкомĕ семинарта лекцисемпе докладсем ирттерме малашне республикăри квалификациллĕ специалистсене явăçтарма палăртнă.

**П. ПАВЛОВ.**

### ШКУЛ ДИРЕКТОРĔСЕН КУРСĔ

Шупашкарта шкул директорĕсен курсĕ пулса иртрĕ. Унта çичĕ çул вĕренмелли шкулсен директорĕсем педагогика ыйтăвĕсемпе тата уйрăм дисциплинăсен методикипе паллашрĕç. Çав вăхăтрах директорсем чăваш писателĕсемпе тата педагогика институтĕн преподавателĕсемпе тĕл пулчĕç.

**И. ИОНОВ.**

## Апат-çимĕç таварĕсем ытларах туса кăларар

1953 çулхи октябрĕн 12-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине ÿстересси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен» постановлени йышăнчĕç. Партипе правительство палăртнă программăна пурнăçлани çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче халăха аш-какай тата аш-какай продукчĕсем, пулă тата пулă продукчĕсем, çу, сахăр, кондитер изделийĕсем, консервсем тата ытти апат-çимĕç парса тивĕçтерессине татăклăн ÿстерме май парать.

Апат-çимĕç таварĕсен промышленность предприятийĕсенче ĕçлекенсен республикăри канашлăвĕ партипе правительство йышăннă постановление пурнăçлас тĕлĕшпе умра тăракан задачăсене сÿтсе яврĕ. Ку ыйтупа Чăваш АССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министрĕ П. Калинкина юлташ доклад туса пачĕ.

Докладчикпа прение тухса калакансем партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшнине пысăк хавхаланупа палăртрĕç. Çакă вăл хамăр республикăра апат-çимĕç предприятийĕсем çĕнĕрен нумай лартма, киввисене çĕнетме палăртнинчен те лайăх курăнать.

1954—1956 çулсенче Шупашкарта сăра тата çу завочĕсем туса ĕçе кĕртмелле. 1954 çулта столицăра çăкăр завочĕ ĕçе кĕрет, вăл талăкне 25 тонна çăкăр пĕçерсе кăлармалла пулать. 1955 çул вĕçленнĕ тĕле Шупашкар хулинче аш-какай комбиначĕ ĕçе кĕмелле. 1954 çулта Шупашкарпа Канаш хулисенче холодильниксем туса лартмалла. Улатăрти апат-çимĕç комбиначне пысăклатса, бисквит туса кăларакан фабрика уçаççĕ. Канашра кондитер фабрики пулать, вăл çулталăкра пин тонна продукци туса кăлармалла. Шупашкарти кондитер фабрикине пысăклатма палăртнă. Республикăра çывăх вăхăтра çу завочĕсем 7 туса ĕçе ямалла.

Апат-çимĕç предприятийĕсем кăçал хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç. Пĕтĕм продукци туса кăлармалли вунă уйăхри плана 107,5 процент тултарнă.

Анчах предприятисен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем те пур. Вĕсенчен хăшпĕрисем плана пур енĕпе те тултарассишĕн, техникăпа экономика тĕлĕшĕнчи кăтартусене тата продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тивĕçлипе кĕрешмеççĕ. Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине пăхăнса тăракан 41 предприятирен 11-шĕ вунă уйăхри плана тултарман. 21 йышши продукци туса кăлармалла пулсан, 10 уйăхри плана 7 йышши продукци енĕпе тултарса çитермен. Варенипе повидло 43 тонна, йÿçĕтнĕ купăстапа пахча çимĕç 92 тонна, типĕтнĕ çĕрулми 13 тонна, патока 11 тонна тата ытти продуктсем нумай парса çитереймен.

Хăшпĕр предприятисен руководителĕсем плана палăртнă ассортимент енĕпе тултарасси çине çителĕксĕр пăхаççĕ, халăх умĕнчи тивĕçе пурнăçлассине кирлĕ пек хакламаççĕ. Акă, Сĕнтĕрвăрринчи апат-çимĕç комбиначĕн директорĕ Камбулова юлташ плана пĕтĕмĕшпе тултарассишĕн кăна тăрăшать. Çавна пула пиллĕк йышши продуктран пĕрине те планпа палăртнă чухлĕ туса кăларайман. Кувакино, Элĕк, Советски, Сĕнтĕр районĕсенчи тата Улатăр хулинчи апат-çимĕç комбиначĕсем пирки те çавнах каламалла.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановлени апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнче ĕçлекенсене продукци пахалăхне хăвăрт лайăхлатма хушать. Ку енĕпе апат-çимĕç предприятийĕсем хăшпĕр утăмсем тунă. Кăçал конфетсем çĕнĕрен виçĕ сорт, лайăх пахалăхлă тутлă шывсем, макарон—икĕ сорт, çăкăрпа булкăсем—5 сорт туса кăларма тытăннă. Кефир тата копченăй сыр туса кăларма пуçланă.

Çапах та продукци пахалăхне палăрмаллах лайăхлатас тесен, малашне тата ытларах ĕçлес пулать. Çĕмĕрлери, Улатăрти тата Етĕрнери апат-çимĕç комбиначĕсем вунă тонна ытла япăх канфет туса кăларнă. Ăна суту-илÿ организацийĕсен каялла пама тивнĕ. Кувакăпа Пăрачкаври апат-çимĕç комбиначĕсен продукцине те ĕççыннисем час-часах тиркеççĕ. Кондитер изделийĕсен, колбаса, сĕт, çăкăрпа булкăсен ассортименчĕ пĕчĕк. Вырăнти халăх юратакан апат-çимĕçсем—шăрттан, чăкăт тата тыл квасĕ туса кăларассине йĕркелемен.

Предприятисем ĕç [illegible]ăçлăхне ÿстермелли плана тултарман. Вĕсен руководителĕсем ĕçе тĕрĕс йĕркелеме, йывăр операцисене механизацилеме, малта пыракансен меслечĕсене сарма кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетмелли задани те пурнăçа кĕмесĕрех юлнă, çавна пула 256 пин тенкĕ тупăш парса çитереймен.

Продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн социализмла ăмăрту йĕркелемен. Партипе профсоюз организацийĕсем рабочисем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ. Партипе правительство постановленийĕ çинчен ăнлантарса парассине анлă сарман-ха.

Прение тухса калакансем тата ытти нумай çитменлĕхсем çинчен тĕслĕхсем илсе кăтартрĕç, министерство предприятисене çителĕксĕр ертсе пынине палăртрĕç. Анчах тухса калакансенчен чылайăшĕ хăйсен предприятийĕсем мĕнле ĕçлени çинчен ытларах чарăнса тăчĕç, çитменлĕхсене тÿрре кăларма тăрăшрĕç. Канашлура малта пыракан рабочисем-стахановецсем пулмарĕç.

Шупашкарти çăкăр комбиначĕ 86 йышши çăкăрпа булка изделийĕсем туса кăлармалла. Кунта государство планне тултарассишĕн ответлăха вĕçне çити туймаççĕ, çавна пула 16—19 йышши изделие кăна туса кăлараççĕ. Комбинат директорĕ Никитин юлташ хăйĕн сăмахĕнче вĕсене халăх тивĕçлипех критиклениине йышăнчĕ, анчах çитменлĕхсене тĕрлĕ сăлтавсемпе тÿрре кăларма тăрăшрĕ. Канашлу тĕлне уçнă буфетра тĕрлĕ йышши çăкăр-булка изделийĕсем пулчĕç. Апла пулсан, комбинат хăй туса кăларакан продукци ассортиментне пысăклатма пултарать. Аш-какай тресчĕ пирки те (управляющийĕ Леняшин юлташ) çавнах каламалла.

Кувакинăри апат-çимĕç комбиначĕн директорĕ Лопатин юлташ министерствăра ĕçлекенсем вырăна сахал тухса çÿренине, производство нушисене япăх пĕлнине палăртрĕ.

Апат-çимĕç таварĕсем пысăк пахалăхлă пулмалла. Вĕсене туса кăларакан предприятисенче ĕçлекенсен халăх умĕнчи тивĕçĕ ответлă та пысăк. Çапах та япăх продукци туса кăларакан, санитари правилисене пăхăнман предприятисем халĕ те пур-ха. Вĕсенче нумайăшĕнче таса мар.

Санитари инспекторĕ Озерова юлташ предприятисенче благоустройство ĕçĕсем çителĕксĕр пулса пынине палăртрĕ.

Пирĕн республикăна РСФСР Министрĕсен Совечĕн бригади килнĕ, апат-çимĕç предприятийĕсенче санитари йĕркисене пăхăнманнине палăртнă. Çапах та çак кăтартусенчен тивĕçлĕ выводсем туман.

— Пирĕн коллектив,—терĕ Етĕрнери сĕт-çу завочĕн директорĕ Смоленцев юлташ,—çулталăкри плана тултарчĕ. Ципе кирлĕ пулăшу панă пулсан, эпир тата лайăхрах ĕçлеме пултарнă пулăттăмăр. Завода çĕнетсе пысăклатасси çинчен 1950 çултанпах калаçаççĕ, локомобиль уйăрса парасси çинчен приказ та пулнă. Анчах ĕçсем сăмахран мала каймарĕç. Завода вутă мĕн чухлĕ кирли çинчен министерствăра пĕлеççĕ, пире вара ялан кирлиннчен сахалтарах уйăрса параççĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председатель заместителĕ Полукаров юлташ апат-çимĕç предприятийĕсем ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтермелли майсем çинчен каларĕ.

## Конституци кунĕ ячĕпе

ДРОГОБЫЧ. «Укрнефтезаводы» трест предприятийĕсен коллективĕсем, Конституци кунĕ ячĕпе ăмăртса ĕçлесе, декабрĕн 4-мĕшĕнче çулталăкри планран ирттерсе нефть продукчĕсем тиенĕ эшелон ăсатнă. Кăçал продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетнипе 8 миллион тенкĕ ытла перекетленĕ.

СЕРПУХОВ. «Пролетарий» ятлă пир-авăр фабрикин коллективĕ Конституци кунĕ ячĕпе çĕнĕ çитĕнÿ тунă. Вăл декабрĕн 4-мĕшĕнче çулталăкри плана тултарнă. Çак çул пуçланнăранпа заданирен ирттерсе 12 миллион тенкĕлĕха яхăн çăм пир-авăр тĕртсе кăларнă.

1950 çулхипе танлаштарсан, продукци туса кăларасси 30 процент ÿснĕ. Кăçал планран ирттерсе 2 миллион тенке яхăн перекетленĕ. (ТАСС).

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Диалектикăлла тата историлле материализма вĕренмелли кружок

Элĕкри Яковлев ячĕпе тăракан вăтам шкулта иккĕмĕш çул ĕнтĕ диалектикăлла тата историлле материализма вĕренмелли кружок ĕçлет. Кружокра вĕренме 18 преподаватель çырăнса тухрĕç. Вĕсем иртнĕ çулта вĕренӳ программине йĕркеллĕ пурнăçларĕç.

Кăçал та кружок занятийĕсем йĕркеллĕ тата идея тĕлĕшĕнчен лайăх иртеççĕ. Кружок руководителĕ А. Трофимов юлташ занятисем ирттерме лайăх хатĕрленет. Вăл темиçе çул хушши ĕнтĕ пропагандист пулса ĕçлет, хăйне хушнă ĕçе юратса туса пырать.

Кружока çӳрекенсем марксизм-ленинизм теорине тĕплĕн вĕренеççĕ, кашни темă тăрăх конспектсем çырса пыраççĕ. Вĕсем занятисене яланах лайăх хатĕрленсе пырса, темăна вĕреннĕ чухне хăйсен активлăхне кăтартаççĕ: ыйтусем параççĕ, тухса калаçаççĕ. Уйрăмах Золотов, Дубиков, Ивановская юлташсем вĕренӳре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Вĕсем хăйсене панă ыйтусем çине яланах ăнланмалла, тарăн тата тулăклă ответсем параççĕ. Çак юлташсем, кружокра хăйсен политикăлла пĕлĕвне ӳстерсе пынипе пĕр вăхăтрах, ĕçри ăсталăха та тăтăшах ӳстерсе пыраççĕ, çавна май ачасене тĕплĕ пĕлӳ параççĕ.

Кружокра вĕренекен хăшпĕр преподавательсем нумай çулсем хушши ĕнтĕ райцентрти тата колхозсенчи коммунистсемпе кадрсен политикăлла пĕлĕвне ӳстерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ. Сăмахран, Дубиков юлташ Жданов ячĕпе тăракан колхозри парти историне вĕренмелли кружока ертсе пырать. Золотов юлташ КПСС райкомĕ çумĕнчи каçхи партшкулта лекцисем вулать, семинарсен занятийĕсене ирттерет. Куперман юлташ МТС-ри комсомолецсен политкружокне ертсе пырать. Максимов тата Кузьмин юлташсем лекцилле пропаганда ĕçне активлă хутшăнаççĕ. Халĕхи вăхăтра вĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлене тата партипе правительство юлашки вăхăтра йышăннă решенисене ĕçсыннисене тĕплĕн ăнлантарса парас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлеççĕ.

Шкулти пуçламăш парторганизаци кружок ĕçĕпе тăтăшах интересленет, учительсене марксизм-ленинизм теорине вĕренес ĕçре тивĕçлĕ пулăшу парать.

В ПЕТРОВ,
КПСС Элĕк райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ.

## Политшкулта

ОКТЯБРЬСКИ. КПСС райкомĕ кăçалхи вĕренӳ çулĕнче кружоксемпе политшкулсене ертсе пырас ĕçе чылай лайăхлатрĕ. Вăл час-часах пропагандистсен семинарне ирттерет, вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăрать.

Районти чылай кружоксемпе политшкулсен занятийĕсем йĕркеллĕ тата активлă иртеççĕ. Сăмахран, Çĕнъял Пукашри политшкулах илер. Кунта занятисем идея тĕлĕшĕнчен яланах çӳлĕ пусăмра иртеççĕ. Ку вăл, чи малтанах, политшкул руководителĕнчен килет. Политшкул руководителĕ С. Ярукин юлташ хăйне шанса панă ĕçе тивĕçлипе туса пырать. Материала вăл яланах вырăнти тĕслĕхсемпе, халĕхи вăхăтри задачăсемпе çыхăнтарса ăнлантарса парать, наглядлăй пособисемпе, хаçат-журналсемпе пĕлсе усă курать.

Пуçламăш парторганизаци (секретарĕ И. Охильков юлташ) политшкул ĕçĕпе пĕрмаях интересленет. Вĕренӳ çулĕ пуçланнăранпа политшкул ĕçĕ çинчен парти пухăвĕнче икĕ хутчен сӳтсе явнă.

В. ТЕРЕНТЬЕВ.

## КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ

Çак кунсенче КПСС Шупашкар хула комитечĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум Чебторгри пуçламăш парторганизаци отчетне итлесе сӳтсе яврĕ.

Отчетпа суйлав пухăвĕ хыççăн парторганизаци партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатнă. Чебторг коллективĕ 10 уйăхри тавар çаврăнăшĕн планне 105,7 процент тултарнă.

Пленум кунпа пĕрлех парторганизаци ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ. Пуçламăш парторганизаци хăйĕн ĕçне СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Советла суту-илĕве малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени хушнă пек çĕнетсе улăштарман-ха. Суту-илӳ ĕçĕнчи нумай работниксем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решение, партипе правительство советла суту-илĕве малалла аталантарасси çинчен йышăннă постановленине ăнланса çитмен.

Чебторг ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Чылай магазинсем хĕллехи условире ĕçлеме хатĕрленсе çитмен, юсав ĕçĕсене пĕтермен. Чебторг хăйне уйăрса паракан таварсене илсе çитермест. Чылай магазинсенче ĕçсыннисене куллен кирлĕ таварсем тупма çук, вĕсенче таварсен минимумне тытса тăмаççĕ. Хулара уйрăмах сĕрулинче пахча çимĕç продукчĕсем сутас ĕçе начар йĕркеленĕ.

Пуçламăш парторганизаци перекетлĕхшĕн çителĕксĕр кĕрешет. Çавна пула Чебторг суту-илӳ ĕçĕнче ытлашши расход кăларать.

Суту-илӳ предприятийĕсем хула варринче ытларах вырнаçнă. Чебторг халĕ çĕнĕрен тăвакан çуртсем çумĕнчи магазинсене ĕçе ярас тата вĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть. Электроаппаратура завочĕн директорĕ Ардаматский тата Юркевич юлташсем çĕнĕрен тунă çуртсенчи магазинсене лайăхрах ĕçлеттермелле тăвассишĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. «Чувашстрой» трестĕн управляющийĕ Куприянов юлташ айăпĕпе чугун çул станцийĕнче склад тăвас тата водниксен çуртĕнче магазин тăвас ĕç ытла та вăрăма кайрĕ.

Суту-илӳ работникĕсене суйласа илсе ĕçе лартас тата вĕсене воспитани парас тĕлĕшпе те Чебторг ĕçĕнче çитменлĕхсем чылай. Суту-илӳ кадрĕсен техникăлла вĕренĕвне кирлĕ пек йĕркелемен, работниксен производствăлла канашлăвĕсемпе пухăвĕсене сайра хутра кăна ирттереççĕ. Çавна пула та ĕнтĕ советла суту-илӳ правилисене пăснă тĕслĕхсем нумай тĕл пулаççĕ. Хăшпĕр ларексемпе магазинсенче суту-илӳ культури ытла та çителĕксĕр.

Чебторг ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсем, пуринчен малтан, партбюро тата унăн секретарĕ Семенов юлташ парторганизаци йышăннă решенисене пурнăçа кĕртессишĕн кирлĕ пек кĕрешменнинчен килнĕ.

Уйрăмах партилле-организацилле тата политикăлла ĕçсенче пысăк çитменлĕхсем пур. Парти пухăвĕсене кунта тĕплĕн хатĕрленмесĕр ирттереççĕ. Критикăпа самокритикăна тивĕçлĕ вырăна лартман. Чылай коммунистсем парторганизаци ĕçне активлă хутшăнмаççĕ. Уйрăм коммунистсем партипе государство дисциплинине пăсаççĕ.

Марксизм-ленинизм теорине вĕренмелли кружоксемпе политшкулсенче занятисем идея тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр иртеççĕ. Хăшпĕр вĕренекенсем пĕр сăлтавсăрах занятисене пымаççĕ. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен ĕçне тĕрĕслесе тăрассине тата вĕсене пулăшассине кирлĕ пек йĕркелемен.

Парторганизаци çумĕнчи агитколлектив та хăйĕн ĕçне япăхтарнă. Рабочисемпе служащисене политикăлла темăсем тăрăх лекцисемпе докладсем сайра хутра çеç вуласа пăраççĕ.

Парторганизаци бюровĕ профсоюз местькомĕпе комсомол организацийĕн ĕçĕсемпе сахал интересленет, вĕсен рольне ӳстерме куллен тăрăшмасть.

Пуçламăш парторганизаци лайăх ĕçлекен продавецсемпе бригадăсен тата малта пыракан магазинсен лайăх опытне сарма сахал тăрăшать. Хисеп хăмисемпе кăтарту хăмисем, хаçат витринисем йĕркелемен, стена хаçачĕсем вăхăтра тухса тăмаççĕ.

КПСС хула комитечĕн пленумĕ Чебторгри пуçламăш парторганизаци ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

## Райком пленумĕ—МТС-ри пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен

КПСС Шлей райкомĕн П-мĕш пленумĕ МТС-ри пуçламăш парторганизаци ĕçĕ çинчен сӳтсе яврĕ.

Пуçламăш парторганизаци 42 коммуниста пĕрлештерсе тăрать. Вĕсенчен чылайăшĕ производствăн ответлă участокĕсенче ĕçлет.

Анчах пуçламăш парторганизаци мĕн пур коммунистсен авангардлă рольне ӳстерессишĕн сахал тăрăшать. Механизаторсен социализмла ăмăртăвне тивĕçлипе йĕркелемен, малта пыракансен опытне те çителĕксĕр сараççĕ. Кăçал МТС Муркаш МТС-ĕпе ăмăртса ĕçлеме договор тунă, анчах договор мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслемен. Хăшпĕр коммунистсем ĕçре юлса пыраççĕ. Сăмахран, Ерманов юлташ бригадир пулса ĕçлет, анчах вăл техникăна пĕлмест, ĕç çине сӳрĕккĕн пăхать.

Пуçламăш парторганизаци тракторсемпе ялхуçалăх машинисене юсас ыйтусене коммунистсен пухăвĕнче, çавăн пекех партбюро ларăвĕнче темиçе хут та сӳтсе явнă, пахa решенисем йышăннă, анчах вĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленĕ. Агитколлективра 25 агитатор. Боевой листоксем кăларма 14 çын уйрнă. Вĕсенчен чылайăшĕ ĕçлемест. Юлашки 3 уйăх хушшинче тĕнчери лару-тăру çинчен тата политикăлла ыйтусем тăрăх пĕр лекци те ирттермен. Партбюро агитаторсене сахал пулăшать. Юлашки виçĕ уйăх хушшинче агитаторсемпе пĕр семинар та ирттермен.

Коммунистсемпе партире тăман кадрсем валли парти историйĕн кĕске курсне вĕренмелли кружокпа политшкул йĕркеленĕ. Анчах вĕсем йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ. Партбюро секретарĕ М. Бондарев юлташ ертсе пыракан кружока 33 çын вырăнпе 10—17 çын çеç çӳрет Ф Малышкин ертсе пыракан политшкулта икĕ заняти кăна иртнĕ, вĕсенче те 5—6 çын çеç пулнă.

Пленум пуçламăш парторганизаци ĕçне лайăхлатма тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

В. ЧЕРНОВ.

## Пропагандистсен семинарĕ

ШАХАСАН. Çак кунсенче колхозсемпе учрежденисенчи тата предприятисенчи КПСС историне марксизм-ленинизм произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружок руководителĕсен семинарĕ пулчĕ. Пропагандистсене КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ Н Михайлов юлташ çĕнĕ программăпа паллаштарчĕ. Унсăр пуçне КПСС историйĕн I—III-мĕш пайĕсене мĕнле вĕрентмелли çинчен кăтартусем пачĕ.

## Колхозсенчи пулăшу кассисен ĕçне лайăхлатмалла

Колхозниксен пурнăç условийĕсене лайăхлатас ĕçре колхозсенчи обществăлла пулăшу кассисем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Пулăшу кассисем кашни колхозрах пур. Вĕсен ĕçне лайăхлатни кăна кирлĕ.

Сĕнтĕр районĕнчи чылай колхозсенчи пулăшу кассисем аван ĕçлеççĕ. «Колос» колхозра çул çитнĕ колхозниксем пурте касса членĕнче тăраççĕ. Пур членсем те член укçине вăхăтра тӳлесе пыраççĕ.

Районти «Ĕç ялавĕ» хаçат çапла çырать:

«Иртнĕ çулта пулăшу касси колхозниксене сĕр центнер тырă парса пулăшнă, Аслă Отечественнăй вăрçăра вилнĕ çынсен тата инвалидсен семйисене çĕнĕрен 5 пӳрт лартса панă, 4 пӳрт юсанă. Пулăшу касси хăйĕн членĕсене ĕçе вырнаçтарас тата вĕсен ĕçри квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе те тăрăшса ĕçлет. Колхозри пуçламăш парторганизаци тата ревизи комиссийĕ пулăшу касси ĕçĕпе куллех интересленеççĕ».

Хаçатра çырнă тăрăх, «Знамя», «Броневик», «Слава», «Путь Ильича», Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче те пулăшу кассисем хăйсен ĕçне лайăхлатса пыраççĕ.

Хаçат хăшпĕр колхозсенчи пулăшу кассисен япăх ĕçне критиклет. «Хлебороб», «Коммунизм», «Аврора», Мичурин ячĕпе, Каганович ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан колхозсенче пулăшу кассисем ячĕшĕн кăна шутланаççĕ. Çак колхозсенче колхозниксене члена илес тата член укçи пухас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ, пулăшу кассин тыррине урăх сĕре салатса пĕтереççĕ.

Пур колхозсенче те пулăшу касси Уставне çирĕп пурнăçласа пымалла. Унта ĕçлеме пултаруллă колхозниксене суйламалла, вĕсен ĕçĕсем çинчен пухусенче отчетсем итлемелле, пулăшу кассинче ĕçлекенсен ответлăхне ӳстерсе пымалла.

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### „Никам тĕкĕнеймн Стратон Герасимов"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра октябрĕн 13-мĕшĕнче пичетленсе тухнă «Никам тĕкĕнеймн Стратон Герасимов» ятлă фельетонра Чурачăк районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ С. Герасимов государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçласа пыманни, ялхуçалăх артелĕн ĕçне çителĕксĕр йĕркелесе пыни çинчен çырнăччĕ.

КПСС Чурачăк райкомĕ фельетона райком бюровĕн ларăвĕнче сӳтсе явни, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçламаншăн С. Г Герасимова асăрхаттарни, колхоз ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме хушни çинчен пĕлтерчĕ.

### „Суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле"

Ĕçсынни депутачĕсен Муркаш район Совечĕн исполкомĕ ноябрĕн 17-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă «Суту-илӳ ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле» ятлă статьяра Муркаш районĕнчи суту-илӳ организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс кăтартса пани, суту-илӳ ĕçне лайăхлатасси çинчен район Совечĕн сессийĕнче сӳтсе явни çинчен пĕлтерчĕ.

Ĕçсынни депутачĕсен район Совечĕн сессийĕ районта суту-илӳ ĕçне лайăхлатма йышăннă. Юлашки вăхăтра çĕнĕ чайнăй уçнă, апат-çимĕç продукчĕсем сутмалли магазин уçма кирлĕ ĕçсене тунă, юлашки вăхăтра суту-илӳ ĕçĕ лайăхланма пуçланă.

Выранти Советсенче

## Коммунальнăй предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерессишĕн

Сĕнтĕрвăрри хула Совечĕн благоустройствăпа коммунальнăй хуçалăх енĕпе ĕçлекен яланхи комиссийĕн ларăвĕ пулчĕ. Комисси хулана лайăхлатса илемлетес ĕç мĕнле пыни тата коммунальнăй предприятисем мĕнле ĕçлени çинчен сӳтсе яврĕ.

Комисси çакна палăртрĕ: хулана лайăхлатса илемлетмелли сумаллăкри плана 11 уйăхра 90 процент, пурăнмалли çуртсене юсамалли плана 90,5 процент тултарнă; Атăл урлă каçаракан перевоз хăйĕн планне 101 процент, хулари мунча—100 процент, электричество энергийĕшĕн укçа пухмалли задание 100 процент пурнăçланă.

Çапах та хулари мунчара пысăк çитменлĕхсем пур-ха: унта час-часах сивĕ, çапăнмалли пӳлĕме хутмаççĕ, мунча валли вутă хатĕрлемен. Мунча ĕçне лайăхлатма хула Совечĕн коммунальнăй хуçалăх пайĕ сахал тăрăшать.

«Заготзерно» склачĕ патне кайма Сĕнтĕр шывĕ урлă çĕнĕ кĕпер хывнă. Анчах кĕпер çине кĕмелли çулсене юсаман. Çавăн пирки складсем патне машинăпа пыма çук. Çак çулсене «Заготзерно» пункчĕн, урапа-çуна тата катка-пичке завочĕн юсамалла пулнă. Анчах «Заготзерно» пункчĕн директорĕ Филимонов тата асăннă завод директорĕ Малинин юлташсем кĕпер патне пымалли çулсене юсаттарман.

Пурăнмалли çуртсенчен чылайăшне начар юсанă. Инвалидсен «Социализм» артелĕн общежитийĕнче сивĕ, таса мар, хăшпĕр пӳлĕмсене хутса йăшăтмаççĕ, выртса тăмалли вырăнсем çинчи простынясемпе минтерсене улăштармаççĕ.

Электричество линийĕсем кивелнĕ пирки хăшпĕр урамсенчи çуртсенче электричество ламписем тĕксĕм çутатаççĕ. Хула Совечĕн исполкомĕ Чăваш АССР Коммунальнăй хуçалăх министерствинчен икĕ трансформатор пама темиçе хутчен те ыйтнă. Анчах министерство трансформаторсем туянма пулăшман.

Сӳтсе явнă ыйту тăрăх комисси тивĕçлĕ решени йышăнчĕ. Çак ыйтăва хула Совечĕн исполкомĕнче пăхса тухма сĕнчĕ, асăннă çитменлĕхсене пĕтерме татăклă мерăсем йышăнма кирлине палăртрĕ.

П. ЖИЛОЧКИН.

## Ял Совечĕн организаторла рольне ӳстермелле

Еншик Чуллă ял Совечĕ Чурачăк районĕнче малта пыракан ял Совечĕсенчен пĕри шутланать. Вăл хăйĕн организаторла рольне чылай ӳстернĕ, ялти хуçалăхпа культура строительствине ертсе пырас тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлеме тытăннă.

Ял Советне кĕрекен «Прогресс» тата «Путь Сталина» колхозсем организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен самаях çирĕпленчĕç, вĕсем кăçалхи уй-хир ĕçĕсене иртнĕ çулхисенчен лайăхрах вĕçлерĕç, государство умĕнчи парăмсене вăхăтра татса пыраççĕ. Ял Совет территорийĕнче çичĕ çул вĕренмелли икĕ шкул, пĕр клуб, икĕ библиотека, икĕ медицина пункчĕ ĕçлеççĕ. Вĕсене йĕркеллĕ ĕçлеттерессишĕн ял Совечĕ куллен тăрăшать, вăхăтра укçа-тенкĕ парса тăрать, кăçал хĕлле хутса ăшăтмалăх вутă çителĕклĕ хатĕрлесе панă.

Ял Совечĕ хăйĕн нумай енлĕ ĕçне яланхи комиссисене, депутатсене хутшăнтарать. Ял Совечĕн сессийĕсемпе исполком ларăвĕсем Конституцире палăртнă вăхăтра пулса иртеççĕ. Суйлав хыççăн пĕтĕмпе 9 сесси пулнă, исполком ларăвĕсене 14 хутчен ирттернĕ. Яланхи комиссисем ĕçре нумай пулăшаççĕ. Сăмахран, финанспа бюджет комиссийĕ (председателĕ Н. Яковлев юлташ) тăрăшнипе ял Совечĕ укçа-тенкĕ пухмалли плана ăнăçлăн тултарса пырать. 1953 çулхи бюджета тупăшсем енĕпе 120 процент, расходсем енĕпе 82 процент тултарнă. М. Дмитриев, К Лаврентьев, Ф. Васильев, А. Яковлев тата ытти депутатсем суйлавçăсемпе тачă çыхăнса ĕçлеççĕ, вĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме пулăшаççĕ.

Çавăнпа пĕрлех ял Совет ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур Ял Совечĕ уйрăмах ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре хăйĕн организаторла рольне сахал палăртать, колхозсенче малта пыракансен опычĕпе, наука çитĕнĕвĕсемпе производствăра усă курмалла тăвассишĕн çителĕксĕр тăрăшать. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче «Прогресс» колхоз вăйлă тырпул çитĕнтерессишĕн тивĕçлипе кĕрешмен, уй тислĕк сахал кăларнă. Колхоз чугун çул разъезчĕпе юнашарах пулин те, пĕр центнер минераллă удобрени те кӳрсе килмен, чылай чухне уй-хир ĕçĕсен агротехникине пăснă. Çавна пула кăçал колхоз иртнĕ çулхинчен сахалрах тырпул туса илнĕ Колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур выльăхсем енĕпе те тултарнă, анчах вĕсен тупăшлăхĕ пĕчĕк. «Путь Сталина» колхоз государство планне сысна енĕпе çеç тултарнă. Фермăсенче выльăхсене хĕл каçарма начар хатĕрленнĕ, йывăр ĕçсене механизацилемест.

Иртнĕ çулла ял Совечĕ çул-йĕр строительствине начар организацилерĕ. Çул-йĕр строительстви планне «Прогресс» колхоз 61 процент, «Путь Сталина» колхоз 6 процент çеç тултарнă. Çакă вăл ял Совечĕ тата унăн председателĕ С. Игнатьев юлташ çул-йĕр ĕçĕ çине çаврăнса пăхманнинчен, колхоз руководителĕсен ответлăхне ӳстерменнинчен килчĕ.

Еншик Чуллă ял Совечĕн ĕçĕсем çинчен район Совечĕн сессийĕнче сӳтсе яврĕç. Йышăннă решенире ял Совечĕн ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри организаторла рольне ӳстерме кирлине палăртрĕç. Ял Советне çĕр ĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн культурине ӳстерессишĕн, колхозсен хуçалăхне малалла аталантарассишĕн мĕнпур майсемпе тата вăя хурса кĕрешме хушрĕç.

П. ПАВЛОВ.

## Укçа-тенкĕ пухмалли плана пĕтĕмпех тултармалла

Нумай пулмасть Муркаш райисполкомĕ финанс работникĕсемпе ял Совет председателĕсен канашлăвне ирттерчĕ. Канашлура пулнисем IV-мĕш кварталта халăхран укçа-тенкĕ пухмалли плана срокчен тултарма обязательство илчĕç. Панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешсе, Кашмаш, Пӳçкасси тата Шурча ял Совечĕсем кварталти плана тултарчĕç.

Халăхран укçа-тенкĕ пухас ĕç уйрăмах Кашмаш ял Советĕнче ăнăçлă пулса пырать. Ял Совет председателĕ В. Блинов халăх шанăçне тӳрре кăларассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлет. А. Ярцков, Г Белова тата В. Лисицина депутатсене уйрăм ялсем çумне çирĕплетнĕ Çав юлташсене ĕçре пулăшса пыма ялти активистсене уйăрнă. Вĕсем ĕçсыннисем хушшинче массăллă ăнлантару ĕçне туса пыма пулăшаççĕ. Активистсем хушшинче—коммунистсемпе комсомолецсем, учительсем, колхоз производствинче малта пыракансем.

И. АНИСИМОВ.

## Ялхуçалăхне малалла аталантарасси — пĕтĕм халăх ĕçĕ

Ялхуçалăхне кĕске срокрах хăватлăн малалла аталантарас задача—пĕтĕм халăх умĕнче тăракан задача. Çакна ăнланса, ялхуçалăх валли ĕçлекен промышленность предприятийĕсенчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем продукци ытларах туса кăларассишĕн, колхозниксен ĕçне çăмăллатакан çĕнĕ йышши машинăсем тăвассишĕн кĕрешеççĕ. Республикăри предприятисен, колхозсен, МТС-сен коллективĕсем халиччен усă курман çĕнĕ резервсене тупаççĕ, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларас, ялхуçалăх производствине вăйлатас тĕлĕшпе пысăкрах обязательствăсем илеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, СССР Ялхуçалăх министерствин Çĕмĕрлери йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвакан заводра ĕçлекен рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, комбайн пайĕсем туса кăлармалли плана 1953 çулхи ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Завод туса кăларакан япаласен ассортиментĕпе хисепне те ӳстерчĕ. Кăçал завод комбайн валли вуникĕ тĕрлĕ пайсем 843 пин туса кăларчĕ. Колхозсем валли 200 штук парник рамисем туса хатĕрлерĕ.

Улатăрти йывăç хатĕрсем тăвакан комбинат та районти колхозсене пысăк пулăшу парать. вăл ялхуçалăхĕ валли парник рамисем тата ытти тĕрлĕ япаласем туса кăларать. Шупашкарти тарасасем юсакан завод çĕрнĕ тислĕкпе торфран пĕчек чӳлмексем тумалли станоксем хатĕрлет.

Республикăри чылай предприятисен профсоюз организацийĕсем пуçарнипе, колхозсене шефа илчĕç. Предприяти коллективĕсем колхозсенче яла электрификацилеме, радио кĕртме тата выльăх-чĕрлĕх валли çуртсем тума пулăшаççĕ. Улатăрти пăравуссем юсакан завод çав районти Калинин ячĕпе тăракан колхоза шефа илнĕ. Завод коллективĕ кăçал ялхуçалăх артельне электроэнерги, 35 киловатлă генератор парать, двигатель лартма, теплицăпа водопровод тума пулăшать.

Шупашкарти электроаппаратура завочĕ Шупашкар районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоза шефа илнĕ. Завод коллективĕ колхоза пĕве пĕвелеме пулăшать, выльăх-чĕрлĕх фермисене шыв парса тăрассине механизацилет. Завод вăйĕпе темиçе ялхуçалăх машинине тĕпренех юсанă. Выльăх-чĕрлĕх фермисем валли кормозапарниксем тăваççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлене ăнлантарса парса, массăсене СССР Ялхуçалăхне малалла аталантармалли аслă программăна ăнăçлăн пурнăçа кĕртме çĕклесси халĕ профсоюз организацисен умĕнчи пысăк задача пулса тăрать. Çак ĕçре промышленность предприятийĕсенчи клубсем, культура çуртĕсемпе дворецсем яла пысăк пулăшу парасса шута илсе, Днепропетровскри Карл Либкнехт ячĕпе тăракан завод клубĕн активисчĕсем Петропавловски районĕнчи Культура çуртне шефа илчĕç. Вĕсем профсоюзсен культура учрежденийĕсенче ĕçлекенсене ытти клубсене шефа илме, вĕсене ялсенче культурăлла-массăлла ĕçе вăйлатма пулăшу пама чĕнчĕç. Çак чĕнĕве пирĕн республикăри профсоюз клубĕсенче ĕçлекенсем те хапăл туса йышăнчĕç Канашри вагонсем юсакан заводăн, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн, Шупашкарти электроаппаратура завочĕн клубĕсем ялти клубсене пысăк пулăшу параççĕ. «Электрик» клуб Ильич ячĕпе тăракан колхоза агитбригада ячĕ. Агитбригада КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решенисем çинчен лекци вуласа панă, концерт ирттернĕ. Кунсăр пуçне клуб заводри художествăлла пултарулăх кружокĕсен концертне курма колхозниксене час-часах хулана илсе килет.

Анчах колхозсене, МТС-сене пулăшас тĕлĕшпе республикăри пур предприятисемпе учрежденисем те çакăн пек ĕçсем тума тытăнман-ха. Хăшпĕр предприятисем ялхуçалăх валли кăларакан продукци пахалăхне те хăпартма тăрăшмаççĕ. Сăмахран, Канашри ялхуçалăх машинисем юсакан завод, нефтьпе ĕçлекен двигательсем, комбайнпа автомобиль моторĕсем юсас тĕлĕшпе вунă уйăхри плана ирттерсе тултарнă пулин те, юсав ĕçне начар тăвать. Республикăри колхозсемпе МТС-сем çак завод ĕçĕпе тивĕçлипех кăмăлсăрланаççĕ. Ку предприятири профсоюз организацийĕ хăйĕн ĕçне КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хушнă пек çĕнетмен-ха.

Облпрофсовет тата профсоюз обкомĕсем ялти профсоюз организацийĕсене çителĕклĕ ертсе пымаççĕ. Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев предприятийĕсенче, учрежденийĕсенче, шкулсенче, государство учрежденийĕсенче, культурăпа сывлăх учрежденийĕсенче культурăлла вăй пысăк. Анчах çав вăя пухса яла пулăшассине профсоюз обкомĕсем организацилемеççĕ, вĕсем ялти профсоюз организацийĕсене начар пулăшаççĕ Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев рабочийĕсемпе служащийĕсен профсоюз обкомĕ МТС-ри механизаторсен пурнăçпа йăла условисене лайăхлатас тĕлĕшпе, çавăн пекех культурăлла-массăлла ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет Нумай МТС-сенче общежитисене хĕллене хатĕрлемен, столовăйсем çук. Калининăри, Комсомольскинчи, Муркашри, Октябрьскинчи, Советскинчи тата Сиявăри МТС-сенче халĕ те хĕрлĕ кĕтессем йĕркелемен.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ ялхуçалăх умне кăларса тăратнă задачăсем ялхуçалăхĕпе хатĕрлев рабочийĕсемпе служащисен профсоюз организацийĕсен ĕçне уйрăмах лайăхлатма хушаççĕ. Вĕсен ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерессишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышне ӳстернипе пĕрлех, выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем нумайрах илессишĕн, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçе механизацилесе çитерессишĕн, малта пыракан наукăпа практика çитĕнĕвĕсемпе колхоз производствинче усă курассишĕн социализмла ăмăртăва ертсе пымалла.

Анчах МТС-сенчи рабочкомсем нумайăшĕ социализмла ăмăртăва начар ертсе пыраççĕ, ăмăрту итогĕсене ячĕшĕн кăна тăваççĕ, малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе куллен тăрăшса ĕçлемеççĕ, чылай МТС-сем юлса пынин сăлтавĕсене тĕпчесе пĕлмеççĕ. Профсоюз организацийĕсен хуçалăх руководителĕсемпе пĕрле малта пыракан МТС-сен, колхозсен, бригадăсен, звеносен, ялхуçалăхĕнчи новаторсен опытне тĕпчесе вĕренес, пĕтĕçтерес тата унпа колхоз производствинче усă курас ĕçе татăклăнах лайăхлатмалла. Çак ĕçе тума агрономсене, зоотехниксене, инженер-механизаторсене тата ытти специалистсене те активлăн хутшăнтармалла.

МТС-сенчи профсоюз организацийĕсен МТС-ра ĕçлекен рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерсе пыма ытларах тăрăшмалла. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăх механизаторĕсемшĕн куллен тăрăшать. Государство МТС-сенче пурăнмалли çуртсем тума укçа-тенкĕ нумай парать. Рабочисемпе служащисен харпăр хăй валли лартакан çуртсен строительствине те сарса пыма хушать.

Профсоюз организацийĕсем рабочисемпе служащисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе тунă коллективлă договорсене пурнăçлассишĕн çирĕп кĕрешмелле. Коллективлă договор тăрăх работниксен ĕçпе йăла условийĕсене лайăхлатма администраци илнĕ обязательствăсене пĕтĕмпе пурнăçламалла. Хĕрлĕ кĕтессене йĕркене кĕртмелле, художествăллă пултарулăха, спорт ĕçне вăйлатмалла.

Çак кунсенче парти чĕннипе ялти больницăсене врачсем, МТС-сене трактористсем, механизаторсем, зоотехниксем, агрономсем нумайăн кайрĕç. Профсоюз организацийĕсен вĕсене çĕнĕ вырăнта вырнаçма, хваттер, вут-шанкă тупма тата вĕсен ытти ыйтăвĕсене те тивĕçтерме тăрăшмалла. Çак ĕçре МТС-сенчи рабочкомсене ялхуçалăхĕпе хатĕрлев рабочийĕсемпе служащийĕсен профсоюз обкомĕ пысăк пулăшу памалла.

Çавăн пекех ялти профсоюз организацийĕсене заводсемпе фабрикăсенчи профсоюз комитечĕсем те пысăк пулăшу пама пултараççĕ. Фабрикăсемпе заводсенчи комитетсем нумайăшĕ социализмла ăмăртăва сарас, рабочисене пурăнма тата ĕçлеме лайăх условисем туса парас, вĕсене культурăпа политика тĕлĕшĕнчен ӳсме пулăшас ĕçре пысăк опыт пухнă. Çав вăхăтрах МТС-сенчи профсоюз активисчĕсен нумайăшĕн ĕç опычĕ çителĕксĕр. МТС-сенче ялан ĕçлекен кадрсем йышĕ çав тери ӳснĕ, техника нумайланса пынă условисенче вĕсем ĕçе йĕркелеме пĕлмеççĕ. Промышленность предприятийĕсенче профсоюз комитечĕсенче ĕçлекенсем машина-трактор станцийĕсене кайса МТС-ри рабочкомсене практикăлла пулăшу памалла.

Профсоюз организацийĕсемпе вĕсен клубĕсем, библиотекисем колхозсемпе МТС-сенчи культура учрежденийĕсене культурăлла-массăлла ĕçе йĕркелеме пулăшмалла. Театрсенчи профессиллĕ артистсен те ялта час-часах пулмалла, вĕсен клубĕсене концертсем ирттернипе кăна чарăнса тăмалла мар, ялти çамрăксен, художествăлла пултарулăхне аталантарма кружоксенчи вĕренӳпе воспитани ĕçне лайăхлатма пулăшмалла.

Учительсене, врачсене, культура учрежденийĕсенчи работниксене, суту-илӳ работникĕсене пĕрлештерекен профсоюзсем те яла пысăк пулăшу пама тивĕçлĕ. Вĕсен шкулсен, сывлăх, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен, суту-илӳ предприятийĕсен ĕçне çине тăрса лайăхлатса пымалла.

Парти решенийĕсене пурнăçа кĕртесси, ялхуçалăх продукцийĕ нумайран та нумай туса илесси—пĕтĕм халăх ĕçĕ. Ку ĕçе МТС механизаторĕсем те, промышленноçпа транспортра ĕçлекенсем те хăйсен тӳпине хывĕç Профсоюз организацийĕсем ялта нумай ĕç тума пултараççĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлене ăнăçлăн пурнăçа кĕртес тесе кашни профсоюз организацийĕн вăя хурса ĕçлемелле

М. РОМАНОВА,
Чăваш Облпрофсовет председателĕ.

## Выльăх-чĕрлĕхрен ытларах тупăш илессишĕн

Вăрмар районĕнчи «Дружба» колхоз кăçалччен выльăх-чĕрлĕх апачĕ çителĕклĕ туса илес тĕлĕшпе пысăк йывăрлăхсем умĕнче тăнă. Колхозăн утă çулмалли çаранĕсем, вĕтÿ çÿретмелли вырăнсем пачах та çук. Ферма выльăхĕсем çăва тухсан çырма-çатрасенче, хĕле кĕрсен вара ытларах улăм çисе тăранкаласа пурăннă. Çавна пула ĕнтĕ выльăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхĕ те начар, унтан илекен тупăш та сахал пулнă.

Кăçал, 1953 çул пуçламăшĕнче, колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче колхоз правленийĕн иртнĕ çулхи отчетне итленĕ хыççăн, колхозниксем правлени пысăк йăнăшне—тĕштырă туса илессишĕн çеç тăрăшнине, çав вăхăтрах обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен питех те сахал тупăш илнине кăтартса хытă асăрхаттарчĕç, обществăлла выльăх-чĕрлĕхе малалла аталантарса унтан пысăк тупăш илмелли çулсем кăтартса пачĕç.

Çак кăтартусене пурнăçласа, «Дружба» колхоз чылай çитĕнÿсем турĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли çителĕклĕ таран апат хатĕрлес шутпа ятарласа бригада тунă. Бригадăна ертсе пыма Н. Зайцева коммунистăна çирĕплетнĕ. Бригадăна курăк акса тумалли пусă çаврăнăшĕ, çителĕклĕ таран туртăм вăйĕ, ялхуçалăх машинисемпе ĕç хатĕрĕсем çирĕплетсе панă.

Бригада хăйне çирĕплетсе панă пусă çаврăнăшĕнче 49 гектар силослăх курăк, 7 гектар выльăх кăшманĕ, 126 гектар пĕр çул ÿсекен курăксем акнă, 10 гектар çĕрулми лартнă. Кунсăр пуçне нумай çул ÿсекен курăксем 46 гектар шутланаççĕ.

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз опычĕпе анлăн усă курса, кăçал колхозра симĕс конвейер йĕркелерĕç. Симĕс конвейера 40 гектар ыраш, нумай çул ÿсекен курăксем 25 гектар, пĕр çул ÿсекен курăксем 18 гектар, вăл шутра судан курăкĕ—3 гектар кĕртнĕ.

Çуркунне пулсан май уйăхĕн юлашки кунĕсенче икĕ эрне хушши ыраша, унтан нумай çул ÿсекен, пĕр çул ÿсекен курăксене çулса çитерчĕç. Симĕс курăксем çулса çитернисĕр пуçне сăвакан ĕнесене кунне 2-шер килограмм концентрат панă. Çапла туни ĕнесен сĕт тухăçлăхне хăвăрттăн хăпартрĕ. Май уйăхĕн пуçламăшĕнче ĕнесем вăтамран 3,4 литр çеç сĕт панă пулсан, июнь уйăхĕн пуçламăшĕнче вăтамран 14—15 литршар пама пуçларĕç.

Çакна кăтартса хăвармалла: ĕнесен сĕт тухăçне ÿстерме колхоза симĕс конвейер пулăшрĕ.

Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кăçал кашни ĕнерен 400-шер литр ытларах сĕт суса илнĕ.

Выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада колхозниксен наказне пурнăçлассишĕн çине тăрса ĕçлерĕ. Вăйлă тухăçлă силос курăкĕ ÿстерсе 800 тонна силос хывнă. Кăçал вара кашни ĕне пуçне 5 тонна ытла силос хатĕрлерĕ. Çавăн пекех çителĕклĕ таран утă, выльăх кăшманĕ, çĕрулми туса илнĕ.

Çапла вара «Дружба» колхоз выльăх-чĕрлĕхе çителĕклĕ таран апат хатĕрлесе парас ыйтăва татса пачĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсемпе хавхаланса, «Дружба» колхоз членĕсем çитес çулсенче колхоза тата ытларах вăйлатса тĕреклетмелли мероприятисем палăртрĕç. Колхоз çитес 2—3 çул хушшинче кашни ĕнерен 2.500 килограмран кая мар сĕт, кашни сурăхран 3,5 килограмм çăм, кашни чăхран 110 çăмарта тата кашни сысна аминчен 15 центнертан кая мар аш-какай илме йышăнчĕ.

Колхозниксем хăйсен пурнăçне аванлатас тĕлĕшпе партипе правительство мĕнле тăрăшнине питĕ лайăх пĕлеççĕ. Вĕсем парти лартнă задачăна чи кĕске срокра пурнăçлассишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлеме пулаççĕ.

Л. ВЛАДИМИРОВ,
агроном.

## Колхозсем, совхозсем, дояркăсем хушшинче сĕт тухăçлăхне ÿстерессишĕн пыракан социализмла ăмăрту

(Ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне)

(Юлашки. Пуçламăшĕ 235-мĕш тата 236-мĕш номерсенче).

| Йышăннă вырăн | Дояркăсен хушамачĕсем | Район, совхоз, колхоз ячĕсем | Кашни ĕнерен сĕт суса илнĕ (килогрампа): |
|---|---|---|---|
| 75. | М. В. Орлова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.482 |
| 76. | А. И. Тарасова | Пăрачкав районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.481 |
| 77. | М. Т. Сайдашева | Чкаловски районĕнчи «Кызыл юлдуз» колхоз | 1.481 |
| 78. | В. Г. Дашкова | Ишлей районĕнчи «Знамя труда» колхоз | 1.470 |
| 79. | А. И. Загребина | Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз | 1.463 |
| 80. | М. И. Иванова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.463 |
| 81. | А. В. Васильева | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 1.462 |
| 82. | М. И. Чибрикина | Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхоз | 1.452 |
| 83. | М. Н. Маркина | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.452 |
| 84. | К. Г. Григорьева | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.452 |
| 85. | М. Куляскина | Йĕпреç районĕнчи «Путиловка» колхоз | 1.447 |
| 86. | В. А. Богомолова | Шупашкар районĕнчи Чапаев ячĕпе тăракан колхоз | 1.440 |
| 87. | П. О. Лапаева | Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 1.440 |
| 88. | Н. Е. Горшкова | Елчĕк районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз | 1.439 |
| 89. | Н. Д. Курбатова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.435 |
| 90. | Н. Е. Скворцова | Муркаш районĕнчи «Красный Октябрь» колхоз | 1.435 |
| 91. | Ю. И. Тодинова | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.430 |
| 92. | С. Д. Данилова | Чкаловски районĕнчи «Восток» колхоз | 1.430 |
| 93. | П. С. Сорокина | Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз | 1.426 |
| 94. | М. Я. Кочеткова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.425 |
| 95. | У. Я. Якимова | Ишлей районĕнчи «Урожай» колхоз | 1.422 |
| 96. | Н. С. Бычкова | Муркаш районĕнчи «Красное Сормово» колхоз | 1.418 |
| 97. | К. И. Ильина | Çĕрпÿ районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 1.416 |
| 98. | Е. Г. Блашенкова | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 1.401 |

## Махорка памалли плана тултарнă

ПĂРАЧКАВ. Районта государствăна махорка парас ĕç ăнăçлă пырать. Иртнĕ çул ноябрĕн 25-мĕшĕ тĕлне государствăна махорка памалли плана 45 процент кăна тултарнă пулсан, кăçал çак вăхăт тĕлне государствăна махорка памалли плана пĕтĕмпех тултарнă.

Молотов ячĕпе, Ильич ячĕпе, Жданов ячĕпе тăракан тата «Борьба за коммунизм», «Красная Горка» колхозсем уйрăмах тухăçлă махорка туса илчĕç.

Молотов ячĕпе, М Горький ячĕпе тăракан тата «Красный пахарь» колхозсем государствăна планран ирттерсе махорка нумай параççĕ.

В. ТОНЫШЕВ.

## Механизаторсем ĕç укçи илеççĕ

ЧКАЛОВСКИ. Машина-трактор станцийĕнчи механизаторсем çĕнĕ йĕркепе ĕç укçи илеççĕ. 11-мĕш трактор бригадин бригадирĕ А. Михайлов юлташ октябрь уйăхĕнче ĕçленĕшĕн 2 117 тенкĕ, тата 55 пăт тырă, 14-мĕш трактор бригадин бригадирĕ П Шайкин юлташ 1.728 тенкĕ тата 45 пăт тырă илчĕç. А. Суханов, М Кузнецов, З. Чаштанов тата ытти трактористсем те 1.300—1.700-шер тенкĕ тата 30—40-шер пăт тырă илчĕç.

И. МЕШКОВ.



Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче 110 ача вырнаçмалăх ясли туса пĕтернĕ. Çак çурта пăспа ăшăтаççĕ. Унта водопровод, канализаци, прачечнăй. сушилка пур Кĕркунне ясли кил хушшинче çĕр ытла улма-çырла йывăççи лартнă.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ача ясли çурчĕ. В. АНТОНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Сатира—вăйлă хĕçпăшал

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче туса панă отчетлă докладра, Г. М. Маленков юлташ совет литературин малашнехи задачисем çинчен каласа, писательсен сатира жанрне аталантарма кирлине уйрăммăнах кăтартса панă.

«Пирĕн писательсемпе художниксен хăйсен произведенийĕсенче обществăра сарăлнă кăлтăксене, ситменлĕхсене, пăсăк явленисене питлемелле...—тенĕ Г. М. Маленков юлташ.—Пирĕн совет обществин пурнăçĕнче сатира валли материал çук тесе шутлани тĕрĕс мар пулнă пулĕччĕ. Пире совет саманинчи Гогольсемпе Щедринсем кирлĕ, вĕсем пурнăçри юрăхсăр явленисене, пăнтăхса кайнисене, хытса ларнисене, малалла кайма чаракан мĕнпур чăрмавсене сатира вут-хĕмĕпе çунтарса тăнă пулĕччĕç»)

Парти съездĕн трибуни çинчен Г. М. Маленков юлташ писательсемпе искусство работникĕсене пурнăçри хирĕçÿсемпе конфликтсене хăюллăн кăтартма, сынсене воспитани пама пулăшакан витĕмлĕ майсенчен пĕри пулса тăракан критика хĕçпăшалĕпе усă курма чĕннĕ хыççăн, совет литературинче унччен чи кайри, хисепсĕр вырăнта тăнă сатира жанрĕ аталанса пыма тытăнчĕ. Иртнĕ çулталăк хушшинче совет писателĕсем пирĕн пурнăçри тÿнтерле явленисене, тĕрлĕрен суя, киревсĕр этемсене питлекен произведенисем самаях çырчĕç. Вырăс, Украина, Белоруссия, Грузи, Армени тата ытти республикăсенчи писательсем çырнă сатирăллă произведенисем тăтăшах журналсенче пичетленеççĕ, уйрăм кĕнекесем пулса тухаççĕ, вĕсен сатира вут-хĕмĕпе çунтаракан комедийĕсене театрсенче лартаççĕ.

Пирĕн чăваш совет литературинче те сатира жанрĕ майĕпе çĕнĕрен çуралса тухма пуçларĕ. «Çĕнĕрен», тесе эпир ахаль каламастпăр. Вăрçăччен çулсенче ку жанр пирĕн литературăра самаях паллă вырăн йышăнса тăратчĕ, сатирăллă произведенисем çырас тĕлĕшпе нумай писательсем ăнăçлă ĕçлетчĕç.

Илер-ха акă «Капкăн» журнал тухса тăнă вăхăта. Пирĕн паллă сатирик-юморист Иван Мучи нумай çулсем хушши ертсе пынă «Капкăна» вулакансем çав тери юрататчĕç, мĕншĕн тесен çак журнал питĕ «сивĕч шăллăччĕ», çĕнĕ пурнăç тума кансĕрлекен пур киревсĕр сынсене те «йĕплĕ çăмах» хыптаратчĕ. Мĕн чухлĕ растратчиксене, бюрократсене, ултавçăсене, наянсене, жуликсене тата ытти çавăн пек пăсăк çынсене тăрă шыв çине кăларса питлеман пулĕ вăл! Тÿрех калас пулать: «Капкăна» лексесрен пурте хăратчĕç...

Çак журнал сахал мар писатель-сатириксене, юмористсене ÿстерчĕ. «Капкăнра» тăтăшах çырнă писательсенчен пайтахăшĕ паян кун та пирĕн литературăра ĕçлеççĕ—П. Хузангай, И. Тукташ, Н. Айзман, В. Долгов, В. Алагер, Ф. Уяр т. ыт. те. Анчах юлашки 10—12 çул хушшинче вĕсем сатирăпа юмор тĕлĕшĕпе питĕ сахал ĕçлерĕç, литературăна çĕнĕрен хутшăннă çамрăксен пĕри те çак енпе каймарĕç, вара сатира жанрĕ путланса ларас патнех çитрĕ.

«Капкăн» тухнă çулсенче писатель-сатириксен чи лайăх произведенийĕсене пĕр çĕре пуухса, тăтăшах уйрăм кĕнекесем туса кăларнă, çав кĕнекесене вулакансем яланах ăшă кăмăлпа йышăнатчĕç. Анчах 1941 çултанпа çавăн пек кĕнекесем пачах та тухман.

Мĕнрен килнĕ-ха ку? Мĕншĕн пирĕн литературăра сатира жанрĕ çавăн пек «хăрса» ларнă?

Сăлтавĕ кунта акă мĕнре. Чылай çулсем хушши эпир «конфликтсăрлăх теорийĕн» тыткăнĕнче пулнă. Ăслă мар сынсем шухăшласа кăларнă çак «теори» тăрăх, литературăра хамăрăн пурнăçри тÿнтерле явленисене, ситменлĕхсене, конфликтсене, хирĕçÿсене пачах та кăтартмалла мар пулнă. Пирĕн пурнăçра пурте яп-яка та тап-тасах имĕш, нимĕнле хирĕçÿ те, нимĕнле ситменлĕхсем те çук, сынлисем те пурте лайăх, пĕр кăлтăксăр иккен. Писатель пĕр-пĕр произведенире пурнăçри ситменлĕхсене кăшт та пулин кăтартсанах, хăшпĕр сынсен киревсĕр енĕсене, обществăшăн сиенлĕ ĕçĕсене палăртсанах, пуçĕсене çав «теорипе» тултарнă критиксем, ним шухăшласа тăмасăрах, автора «пурнăçа пăсса кăтартать», тесе айăплама тытăннă. Вĕсем, çавăн йышши «критиксем», пурнăçра тĕл пулакан юрăхсăр явленисене шута илмесĕр, пурне те пĕр пек кĕрен сăрпа çеç сăрласа кăтартттарасшăнччĕ.

Паллах, ку вăл пысăк йăнăш пулнă. Ăна халь парти питĕ лайăх ăнлантарса пачĕ, писательсене пурнăçри ситменлĕхсемпе йĕркесĕрлĕхсене, кивĕ тĕнчерен юлнă, çĕнĕ пурнăç тума кансĕрлесе пыракан явленисене пĕр пытармасăр кăтартса, вĕсене пĕтерсе пычашкăн пулăшма хушрĕ. Сынсен ситменлĕхĕсемпе кăлтăкĕсене палăртса, «пирĕн сынсене вĕсен мĕнле пулмалла маррине кăтартмалла» (А. А. Жданов). Сакă вăл — писательсен пысăк та хисеплĕ задачи пулса тăрать.

Юлашки вăхăтра пирĕн писательсем, çав задачăна ăнланса, сатира жанрĕпе самаях хăюллăн ĕçлеме пикенеççĕ. Журналсемпе хаçатсенче сатирăллă калавсемпе фельетонсем, юптарусем, эпиграммăсем пичетлеме пуçларĕç. Драматургсем хăйсен пьесисенче паянхи пурнăçшăн юрăхсăр этемсен сăнарĕсене кăтартма тытăнчĕç. Буракансем вĕсене пĕтĕм чĕререн сивлеççĕ, вĕсенчен йĕрĕнеççĕ. Сăмахран, Арк. Эсхель «Вись туй» ятлă комедийĕнче колхоз ĕçĕнчен пăрăнса пĕр хăйшĕн кăна тăрăшакан Чулеевпа унăн амăшне кăтартса, çавăн пек индивидуалистла сынсене намăслантарать. А. Родионовăн Академиллĕ театрта халь çеç лартма тытăннă «Юратнă хĕр» ятлă пьесинче цех начальникĕн пÿтсĕр арăмне, пурнăçран юлнă, мещенлĕх лачакине путнă «артисткăна» питĕ аван кăтартнă, Г. Харлампьев та, «Ялав» журналăн юлашки номерĕнче пичетленнĕ «Пырса курсан» ятлă пĕр актлă комедийĕнче, çавăн пекех, хальхи пурнăçа хаклама пĕлмен хĕрарăма питлет.

Анчах кусем пурте—пысăк ĕçри чи малтанхи утăмсем кăна-ха, вĕсемпе эпир нимĕн чухлĕ те мухтанма пултараймастпăр.

Пирĕн умра хамăрăн литературăра сатира жанрне вăйлăн аталантарас, çавна валли ку ĕçе писательсене ытларах хутшăнтарас, вĕсемпе пĕрлех çамрăк литераторсене те явăçтарас задача тăрать.

Вăйсем çук мар пирĕн, пур. Иртнĕ çулсенче сатира тĕлĕшĕпе ăнăçлă ĕçленĕ писательсемпе поэтсем тата драматургсем, паллах, халĕ те аван ĕçлеме тивĕç. Çамрăксем те ÿсме пултараççĕ, вĕсене куллен пулăшса пыни кăна кирлĕ. Анчах та çав пулăшасси, вĕрентесси çукрах-ха пирĕн.

Литература ĕçĕпе интересленекен çамрăксем час-часах редакцисене çапла ыйтса çырса яраççĕ: сатирăллă произведенисене мĕн синчен, мĕнле çырмалла?

Çÿлтех каларăмăр: сатира пирĕн пурнăçри, сынсем хушшинчи тĕрлĕ йышши ситменлĕхсене пĕтерсе пыма пулăшмалла. Апла пулсан, писатель-сатирикĕн пурнăçра час-час тĕл пулакан ситменлĕхсене курса, вĕсем синчен витĕмлĕн, сивĕч чĕлхепе, хăш чух тăрăхласа, тепĕр чух хаяррăн кулса çырса кăтартмалла.

Çырмалли формăсене илес пулсан — вĕсем тĕрлĕрен пулма пултараççĕ, ăна автор суйласа илнĕ тема, материал (пурнăçран илнĕ явленисем, фактсем) хăех кăтартса парать. Пĕр йышши материал пĕчĕк калава, фельетона вырнаçать, тепĕр йышши фактсем синчен сăвăпа, юптарупа, эпиграммăпа каласа пама пулать. Уйрăм сынсен ситменлĕхĕсем, вĕсен юрăхсăр ĕçĕсем синчен вĕсене питлекен такмаксем çырсан та питĕ аван.

Сатирăллă литературăра комедисем пысăк вырăн йышăнмалла. Пире хамăрăн обществăра тĕл пулакан киревсĕрлĕхсене, уйрăм сынсен суялăхне, ирсĕр ĕçĕсене çунтаракан комедисем питĕ кирлĕ. Халĕхе вĕсем пирĕн çук-ха, анчах вĕсем пулмаллах.

Паллах ĕнтĕ, сатира енĕпе ĕçлеме ĕмĕтленекен çамрăксен нумай ĕçлес, вĕренес пулать. Чăн малтан, вĕсен вырăссен чаплă сатирикĕсен — М. Е. Салтыков-Щедринăн, Н. В. Гоголĕн, А. И. Крыловăн, А. П. Чеховăн тата ыттисен произведенийĕсемпе тĕплĕн паллашмалла, вĕсем мĕнле çырнине тĕпчесе пĕлме тăрăшмалла. Вырăссен хальхи писателĕсем çырнисене те вуласах пымалла. «Крокодил» журнал тата ун çумĕнче тухакан «Крокодил библиотеки» пысăк усă пама пултараççĕ.

Сатира—кивĕ пурнăç юлашкийĕсемпе кĕрешес, обществăри ситменлĕхсемпе кăлтăксене пĕтерес, ĕçсыннисене коммунистла воспитани парас ĕçре вăйлă хĕçпăшал пулса тăрать. Пирĕн писательсем çав хĕçпăшалпа ăнăçлăн усă курма тытăнасса шанса тăратпăр.

Леонид АГАКОВ.

## Хастарлă ĕç, савăнăçлă пурнăç

*(ФЗО шкулĕнчен килнĕ çыру)*

1951 çулхи кĕркунне. Хамăр патри çамрăксем ФЗО шкулне кайнине курсан, манăн та вĕсемпе пĕрле каяс кăмăл сĕкленчĕ. (Эпĕ Сĕнтĕр районĕнчи «Гигант» колхозра çуралса ÿснĕ). Ĕмĕт пурнăçланчĕ: эпир Кемерово облаçĕнчи Киселевск хулине пырса çитрĕмĕр. Пире сăртту промышленноçĕн 53-мĕш шкулĕнче ăшшăн кĕтсе илчĕç. Çитсенех тумлантарчĕç, таса та çутă общежитине вырнаçтарчĕç.

Бунта платник, каменщик тата штукатур специальноçĕсене вĕрентеççĕ. Сур çул хушшинче эпир платникке вĕренсе тухрăмăр. Платникре 6 уйăх ĕçленĕ хыççăн эпĕ, тепĕр специальность илес тесе, шахтăна кусрăм. Унта электровоз машинисчĕ пулма вĕренетĕп. Манпа пĕрле ку ĕçе Чăваш республикинчен килнĕ П. Ижелеев (Шăхасан районĕ), Н. Михайловпа Н. Васильев (Вăрмар районĕ) тата ытти çамрăксем те вĕренеççĕ.

Вĕренме, ĕçлеме, канма кирлĕ условисене кунта пурне те туса панă. Общежитинчи пÿлĕмсенче таса, утах столовăй пур. Бану вăхăтне савăнăçлă та усăллă ирттеретпĕр. Музыка инструменчĕсем пур. Физкультурăпа спорт пирĕн кулленхи йăлана кĕчĕ. Çулла ГТО иккĕмĕш ступень нормисене патăмăр, значоксем илтĕмĕр. Халĕ йĕлтĕрпе тата конькипе ярăнатпăр.

Эпир пурте таса та илемлĕ тумланса çÿретпĕр. Нумай çамрăксем алла сыхса çÿремелли сехетсем, патефонсем, радиоприемниксем туянчĕç.

Партипе правительство тăрăшнипе эпир пĕрмаях туйса тăратпăр. Малашне тата лайăхрах вĕренĕпĕр, хастарлăрах ĕçлĕпĕр.

Петр ЯКОВЛЕВ.

# Халăх телейĕшĕн кĕрешнĕ çын

*(Н. П. Огарев çуралнăранпа 140 çул тултарнă май)*

Ку ĕç 125 çул ĕлĕкрех пулса иртнĕ. Российăшăн çав вăхăт питĕ йывăр вăхăт пулнă Петербург хулинче, Сенат площадĕнче тупăсем кĕрлени асрах тăнă-ха. Патша правительстви декабристсене юн ăшне путарнă. Ирĕклĕхшĕн çĕкленнĕ паттăрсене юнпа чыхăнтарнăшăн Мускавра митрополит Филарет чаплă кĕлĕ туса иртернĕ. Ирĕклĕхе юратакан, çуттăлла туртăнакан сынсене путарса пынă хура реакци пĕтĕм чунтан савăннă.

Çав вăхăтра Мускавра, Воробьев тăвĕ çинче (халĕ ăна Ленин тăвĕ теççĕ) икĕ çамрăк тăван халăх ирĕклĕхĕшĕн, тăван халăх телейĕшĕн. хăйсене хăйсем хĕрхенмесĕр, мĕн виличчен кĕрешме тупа тунă. Çав çамрăксем кайран вырăссен революцилле-демократилле юхăмĕн чи паллă деятелĕсем пулса тăнă: пĕри Александр Иванович Герцен, тепри—Николай Платонович Огарев.

«Эпир хамăр суйласа илнĕ кĕрешÿ çулĕнчен мĕн виличчен пăрăнмăпăр, тесе пĕтĕм Мускав хули курăнса тăракан вырăнта тупа турăмăр»,—аса илнĕ каярахпа Герцен.

Патша правительстви тем пек асап кăтартнă пулин те, Герценпа Огарев хăйсен сăмахне сая яман. Декабристсем çĕкленĕ революцилле кĕрешĕвĕн ялавне вĕсем хăйсен аллине илсе, чуралăх саманине патшана хирĕç хăюллăн та паттăррăн кĕрешнĕ.

Эпир вăл вăхăтра ачаччĕ.
Хăватлă чунлă паттăрсем,
Сар çыннисем уттипеле,
Пĕр харăсăн утса пыратчĕç—
Ыр вăрлăхсем вĕсем акатчĕç,
Ыр шухăшсем вĕсем саратчĕç.

Дворян-революционерсен идейисем сая каймании çинчен асăрхаттарса, çапла çырнă поэт-демократ Огарев хăйĕн «Рылеева асăнса» ятлă сăввинче. «Эпир—декабристсен ачисем»,—тет вăл хăйĕн «Исповедь лишнего человека» ятлă произведенийĕнче.

Н. П. Огарев (1813 çулта çуралнă, 1877 çулта вилнĕ), пуян улпут çемйинче çуралса ÿснĕскер, Герцен «пуç касакансемпе йăпăлтисен» тĕнчи тенипе мĕн ачаранах паллашнă. Огарев хăех каланă, «крепостной çын улпутсене курайман» вăхăтра ÿссе çитĕннĕ эпĕ, тенĕ. Вăл хăй чунтан курайман улпутсемпе çамрăклах сыхăну тытма пăрахать. Ашшĕ вилсен, ăна, 25 çулхи çамрăк çынна, çав тери нумай пуянлăх юлать. Вăл вара хăйĕн крепостной хресченĕсене пурне те ирĕке кăларать, хăйĕн пĕтĕм çĕрне вĕсене валеçсе парать. Хăйне улпутсем çумне çыхса тăракан япаласене вăл пĕрне те йышăнмасть. Сакă Огарев дворянла-крепостной йĕркене хирĕç усăнах тухни çинчен каласа парать.

Огаревăн пĕтĕм ĕçĕ, пĕтĕм пурнăçĕ дворянсенчен тухнă чаплă революционер тата демократ А. И Герцен пурнăçĕпе таччăн сыхăннă. «Огаревпа Герцен икĕ пысăк çын, вĕсем 40-мĕш çулхи обществăлла шухăшсен юхăмĕнче чи пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ», тесе çырнă «Правда» хаçат 1913 çулта.

Патша правительстви Огарева пĕрмаях хĕсĕрленĕ. 1834 çулта ăна тĕрмене тытса хупнă та çакăн хыççăн 5 çул хушши ссылкăра асаплантарнă. 1850 çулта иккĕмĕш хут арестленĕ Тата 6 çултан вара Огарева ют çĕршыва, Герцен патне тарса кайса, эмигрант пулса пурăнма тивнĕ. Правительство темиçе хутчен те Огарева каялла таврăнма хушнă, халăх телейĕшĕн кĕрешекен паттăр революционер-демократ правительствăна пăхăнман, вара патша унăн мĕнпур пек пурлăхне туртса илнĕ Огарева хăйĕн тăван çĕршывĕнчен инçетре пурăнма тивнĕ. çапла пулин те, вăл Российăн чи лайăх, чи шанчăклă ывăлĕсенчен пĕри пулнă.

Лондонра Огарев Герценпа пĕрле хăйĕн пĕтĕм вăйне, пĕтĕм талантне халăхшăн кĕрешес ырă ĕçе парать. Герцен ют патшалăхра вырăссен ирĕклĕ прессине усни не В. И Ленин питĕ те паха ĕç тесе шутланă. Çав пархатарлă ĕçе Огарев та активлăн хутшăннă. Вăл «Колокол», «Полярная звезда», «Общее вече» тата пичетленсе тухакан ытти органсен редакторĕсенчен пĕри пулнă. 1857 çулта «Колоколăн» пĕрремĕш листинче Огарев сăввине пичетлесе кăларнă. Çав изданисенче тăтăшах Огаревăн публицистла статьисене тата ирĕклĕхе чĕнекен сăввисене пичетлесе пынă. Российăра патша цензури литература произведенийĕсене чылайăшне пичетлесе кăларма чарса тăнă. Огарев çав произведенисене ют патшалăхра пичетлесе кăларнă та вăрттăн майпа хăйĕн тăван çĕршывне ăсатнă. Вăл патша правительствине тата крепостничествăна хирĕç политикăлла листовкăсем те сахал мар çырнă.

Питĕ те паллă революционер-демократ Н. П Огарев вырăссен революцилле кружокĕсемпе нумайăшпе сыхăну тытнă. Вăл çав кружоксем урлă агитаци тунă, Российăри революцилле кĕрешĕве вăйлатма пулăшнă. 1861—1862 çулсенче «Земля и воля» ятлă революцилле-демократилле организаци тунă çĕрте вăл пысăк вырăн йышăнать. Огарев çав обществăн организацилле никĕсĕ тата ĕç программи мĕнле пулмаллине хăй кăтартса панă.



Огарев патша правительствине хресчен пăлхавĕсем урлă аркатмалла тесе шутланă. Вăл либералсем мухтакан «хресченсене ирĕке кăларнă» реформăна тăрă шыв çине кăларса пынă, вăл патша халăха улталанине питĕ лайăх, уççăн кăтартса панă.

...Мужик чураччĕ, халĕ—кĕлĕмсĕ.
Тÿлет вăл хырçă вĕçĕмсĕр,
Ĕлĕк мĕнле, паян та çав.
Çĕршывăн хÿтлĕхĕ—патша
Шăршларĕ те хресчен юнне,
Таянчĕ хăй улпут çине,—

тесе çырнă Огарев 1869 çулта «Полярная звезда» ятлă органра,

Российăн çав вăхăтри условийĕсенче Огарев истори çине материалистсем пекех пăхма пултарайман-ха. Анчах çапла пулин те, Ленин А. И. Герцен çинчен калани Огарев тĕлĕшĕнчен те питĕ тĕрĕс те вырăнлă. Вăл «...диалектикăлла материализм патне питĕ çывăха пынă, историлле материализм умĕнче чарăннă» (Сочиненисем, 4 изд., 18 т., 10 стр.).

Н. П. Огарев хăйĕн тăван çĕршывпе, хăй халăхне пĕтĕм чунтан юратнă. Эмиграцире Огарев капитализмла йĕркен ирсĕр енĕсене курса, буржуази ирĕклĕхне, буржуазин суя моральне пĕр шеллемесĕр тăрă шыв çине кăларнă. Капитализмла йĕркене вăл «Çĕнĕ чуралăх, çав йĕркепе пурăннă чухне халăхсемшĕн нумайăшĕсемшĕн гражданла ирĕклĕх нуль пулса тăрать», тенĕ. Вăл вырăс халăхĕшĕн тăшман пулса тăракан, патша йĕркине хÿтĕлекен славянофилсене те, буржуалла-мещенле Европăри пек йĕрке тума тăрăшакан западниксене те курайман.

Огарев вырăс литературинче хăйĕн пысăк идейăллă поэзийĕпе чапа тухнă. Унăн поэзийĕ халăх телейĕшĕн кĕрешет. Огарев ирĕклĕхе юратакан вырăссен поэзийĕн, Пушкин, Рылеев, Александр Одоевский поэтсен традицийĕсене йышăнать. Вăл аслă поэт-гражданин Н. А. Некрасовăн чи çывăх учителĕ пулса тăрать. Огаревăн чылай сăввисем—«Ирĕклĕх», «Студент», «Çĕнĕ çул валли», çамрăксем патне сăвăласа çырса янă çырусем тата ыттисем те вырăссен вăрттăн ĕçлекен революционерĕсем хушшинче питĕ анлăн сарăлнă.

Унăн «Ирĕклĕх» ятлă ытарма çук лайăх произведенийĕ (1858 çулта çырнă) телейпе ирĕклĕх патне чĕнет, халăх ырлăхĕшĕн пулсан, нимĕн те хĕрхенме кирлĕ марри çинчен калать.

Анчах тăвăлсем, асапсем сывхарсассăн,
Таса ирĕке хÿтлемешкĕн ыйтсассăн,
Эп çав самантрах пулăшма чупса кайăп,
Хаяр вăрçăра йăванса эп кайсассăн,
Эхер те ман чунăм тухма тытăнсассăн,
Хăватлă сăмах эп вара сире калăп:
Эй, ирĕклĕх! Ирĕклĕх!—тейĕп.

Николай Платонович Огарев ют çĕршывра, акăлчансен Гринвич ятлă пĕчĕк хулинче 76 çул ĕлĕкрех вилнĕ. Хĕрÿллĕ патриотăн, Герценпа тата Белинскипе пĕрле революцилле-демократла юхăм пуçласа яракан çыннăн ятне пирĕн халăх ĕмĕрне те манас çук.

Герценпа Огарев Воробьев тăвĕсем çинче тупа тунăранпа ĕнтĕ нумай вăхăт иртрĕ. Унтанпа пирĕн çĕршывăмăр паллама мар улшăнчĕ. Вăл пусмăрлăхпа эксплуатацине хăй ĕнси çинчен ĕмĕрлĕхех сĕклесе çапрĕ те халĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, хăюллăн коммунизм патнелле утать. «Пĕтĕм Мускав хули курăнса тăракан вырăнта», хăйсен пĕтĕм пурнăçне вырăс революцийĕшĕн панă икĕ çамрăк патриот тĕл пулнă çĕрте, паян Мускаври университет çурчĕ мăнаçлăн тÿпенелле çĕкленет. Унăн илемлĕ линийĕсем çÿле, пĕлĕтсем патнех хăпараççĕ. Калăн, вĕсем пирĕн тăван çĕршывăмăр, çитĕнÿсем туса, çÿлтен çÿлти пусăмсене хăпарса пыни çинчен, çĕнĕ телей патнелле, тискер патша саманинчех вырăс халăхĕн чи ырă чунлă ывăлĕсем ĕмĕтленнĕ телей патнелле ытканни çинчен пĕлтерсе тăраççĕ, тейĕн.

В. НИКОЛАЕВ.

# Ӗнер тата паян

## Болгарирен килнӗ ҫыру

«Витринӑсем ҫинче пир-авӑрсем. Темӗн тӗрлӗ те пур кунта. Австралире, Англире тӗртнӗ пир-авӑрсем. Пӑхатӑн та, вӗсене илес килет, — нумай мар, пӗр костюмлӑх кӑна. Сири костюм, тахҫанах кивелнӗ, чавсисем ҫӗтӗлнӗ. Суркунне те ҫитрӗ, ҫӗнни тӑхӑнас килет... Хакне кӑтартакан этикетка ҫине пӑхатӑн та, костюм мӗн хака ларнине шутлатӑн, пӗр костюм илес пулсан—икӗ-виҫӗ уйӑхри ӗҫ укҫи туласа каять, ассӑн сывлатӑн та пӑрӑнса утатӑн.

Тепӗр витрина умӗнче чарӑнатӑн. Электричество приборӗсем: плиткӑсем, утюгсем, батарейкӑсем мӗн тери йӑлтӑртатаҫҫӗ. Шухӑша каятӑн вара: арӑм тахҫантанпах электричество утюгӗ туянма ӗмӗтленетчӗ. Мӗншӗн ӑна савӑнтарас мар. Анчах мӗнле? Хакӗсем... Хакӗсем ҫав...

— Нимӗҫ таварӗ, — йӑпӑлтатса калаҫать усламҫӑ, — хӑмӑр патра туни мар, ют ҫӗршывран илсе килнӗ.

Утюгсем — урӑх ҫӗршывра тунисем. Плиткӑсем, батарейкӑсем, ҫатмасем—пурте ют ҫӗршывсенче тунӑскерсем, цӗтӗмпех тастан кӳрсе килнӗскерсем».

Ҫавӑн пек ҫырса кӑтартнӑ малтанхи пурнӑҫа Болгари писателӗ Андрей Гуляшки. Ырӑҫӑчченхи Болгарин ӗнерхи пурнӑҫӗ ҫавнашкал пулнӑ.

Болгари хӑйне кирлӗ промышленность таварӗсенчен, халӑха куллен кирлӗ таварсенчен чылайӑшне урӑх ҫӗртен кӳрсе килсе тӑнӑ. Халӗ, кӗске вӑхӑтрах, ҫав тери хӑвӑрттӑн малалла кайрӗ ҫӗнӗ Болгари!

Халӑх хуҫалӑхне аталантармалли пӗрремӗш пилӗкҫуллӑх ҫулӗсенче ҫӗршывра промышленноҫӑн ҫӗнӗ отраслӗсене туса хунӑ.

Халӑх влаҫӗ хӑйӗн аллине илнӗ хыҫҫӑн Болгарире станоксем, рентген аппарачӗсем, электровозсем, телефон станцийӗсем, ҫул-йӗр машинисем, ялхуҫалӑх машинисем тата ыттисене туса кӑлараҫҫӗ.

Халӗ ӗнтӗ халӑха куллен кирлӗ таварсем, машинӑсем ҫинчи этикеткӑсенче «Болгарире тунӑ» тесе ҫырнине ҫас-часах курма пулать. Болгарире халӗ заводсемпе МТС-сем валли кирлисене кӑна мар, ӗҫсыннисен, пӗтӗм халӑхӑн пурнӑҫне лайӑхлатакан, пуянлатакан таварсем те ытларах та ытларах тӑваҫҫӗ.

Андрей Гуляшки Болгарин паянхи кунӗ ҫинчен ҫапла ҫырать:

«Пирӗн государство магазинӗсенче хамӑр ҫӗршывӑн пир-авӑр промышленноҫӗ туса кӑларнӑ пусма тавар туллиех. Вӗсен пахалӑхӗ те, тӗсӗсем те малтанхисенчен, урӑх ҫӗршывсенчен кӳрсе килнисенчен япӑх мар, анчах вӗсене илме кашни ӗҫсынни вӑй ҫитерет. Аслӑ та таса тата ҫап-ҫутӑ магазинсенче апат-ҫимӗҫсем яланах нумай. 1952 ҫулта кӑна халӑх правительстви государствӑн вакҫӑн сутмалли таварсен хакӗсене икӗ хут йӳнетрӗ».

Ҫак тӗлӗнмелле улшӑнусене кам тунӑ-ха? Камӑн аллипе, ӑс-тӑнӗпе, камӑн вӑйӗпе ҫултан-ҫул лайӑхланса пырать ирӗклӗ Болгари халӑхӗн пурнӑҫӗ?

Ҫав телее туса паракансем патӗнче, Болгарири ҫӗнӗ заводсенче ӗҫлекен рабочисем патӗнче пулса пӑхӑпӑр.

* * *

Софийӑри К. Е. Ворошилов ячӗпе тӑракан электропромышленность завочӗн пысӑк цехӗ хӗвел ҫутипе тулнӑ. Унта пынӑ ҫынна цехри ҫирӗп йӗрке: шӑплӑх, тасалӑх тӗлӗнтерет. Шурӑ халат тӑхӑннӑ рабочисем кӑткӑс детальсене хӑвӑрт пуххса вырнаҫтараҫҫӗ. Цехра якатса ҫутатнӑ, ҫын ҫулӗш пысӑк машинӑсем курӑнаҫҫӗ. Ҫаксем вӗсем заводра нумаях пулмасть тума тытӑннӑ рентген аппарачӗсем.

Тепринче, татах та аслӑрах цехра, кӑткӑс механизмсемпе йӗркелсе лартнӑ машинӑсене куратпӑр. Вӗсем—автоматла телефон станцисем. Завод ҫавӑн пек станцисене тӑватӑ тӗрлӗ туса кӑларма тытӑннӑ. Радиоцехра пире малашне тума тытӑнмалли радиоприемниксен тӗслӗхӗсемпе паллаштарчӗҫ.

— Пирӗн завод, — тет пире илсе ҫӳрекен ҫамрӑк инженер-электрик Борис Антов, — пӗррремӗш пилӗкҫуллӑх ҫулӗсенче ӳссе ҫитӗнчӗ. Унта пурте ҫӗнӗ, ҫамрӑк. Ҫакнашкал кӑткӑс машинӑсемпе механизмсем туса кӑларакан заводсем ӗлӗк Болгарире пулман.

Нумаях та пулмасть, — тет вӑл малалла, — кирек мӗнле электротаварсене те, ситменнине электроплиткӑсемпе утюг пек япаласене те эпир урӑх ҫӗршывсенчен кӳрсе тӑнӑ. Халӗ ӗнтӗ магазинсенче пирӗн завод е хамӑр ҫӗршыври Коларов ячӗпе тӑракан завод туса кӑларнӑ таварсем сутнине эпир хӑнӑхса ҫитнӗ.

Халӗ эпир халӑх демократи ҫӗршывӗсем валли пысӑк заказа пурнӑҫласшӑн ӗҫлетпӗр. Вӑл мӗне пӗлтернине эсир шухӑшласа пӑхӑр ҫес, — хавасланчӗ инженер. — Пирӗн Болгарире тунӑ машинӑсене урӑх ҫӗршывсене илсе каяҫҫӗ. Малтан эпир хамӑр ҫав машинӑсене кӳрсе килессишӗн ӗмӗтленнӗ. Халӗ акӑ хамӑр урӑх ҫӗршывсене ятратпӑр.

Кӑткӑс производствӑна вӗренсе тата хӑнӑхса ҫитме заводра квалификациллӗ рабочисем, опытлӑ мастерсем, техниксем, инженерсем кирлӗ пулнӑ. Ун пек кадрсем ӗлӗк пулман. Анчах завод ӳснӗ, ҫавна май ҫынсем те ӳссе пынӑ. Фабрикӑпа завод шкулӗсенчен рабочисен тӗп кадрӗсене вӗрентсе кӑларнӑ. Ҫӗршыври аслӑ технически шкулсенчен вӗренсе тухнӑ студентсем техниксемпе инженерсем, цех начальникӗсем пулса завода пынӑ. Заводра конструкторсен бюровӗ, лабораторисем уҫнӑ.

Пӗр цехра йӑваш кӑмӑллӑ, ҫутӑ хӑмӑр костюм тӑхӑннӑ, хура ҫӳҫӗсене тураса якатнӑ, рабочисен ушкӑнӗнче калаҫса тӑракан ҫамрӑк ҫынпа тӗл пултӑмӑр.

— Тодор Тодоров инженер, — паллаштарчӗ вӑл хӑйпе, вашаватлӑн алӑ парса.

Халӑх влаҫне туса хуриччен Тодор Тодоров ахаль рабочи-электромонтажник пулнӑ. Пурне те сӑнама юратакан рабочи механизмсемпе, кӑткӑс техникӑпа питӗ интересленнӗ. Пушӑ вӑхӑтра вӑл приборсен конструкцийӗсене тунӑ, кивӗ машинӑсемпе нумай аппаланнӑ. Анчах пӗлӳ ҫитмен, вӗренме май килмен.

— Электротехникӑпа радиона эпӗ ачаранпах юратнӑ, — каласа парать Тодоров, — анчах вӗренме тата юратнӑ ӗҫпе ӗҫлеме халӑх влаҫӗ вӑхӑтӗнче кӑна май килтӗм.

Тодоров заводра малта пыракан совет меслечӗсене ӗҫе ӑнӑҫлӑ кӗртнӗ, радио пайӗсен технологи процесне туса хатӗрленӗ. Вӑл хӑйӗн творчествӑлла ӗҫӗсемшӗн Димитровла премин лауреачӗн ятне икӗ хутчен илме тивӗҫлӗ пулнӑ.

Заводра ӳссе ҫитӗннӗ ӑста рабочисемпе: лайӑх пахалӑхлӑ продукци ҫеҫ туса кӑларакан Лялина Божилова, рационализатор Иван Христов, ударник Асен Костов тата ытти нумай рабочисемпе пӗтӗм коллектив мухтанать. Совет опытне вӗренсе, вӗсем малалла, хӑйсен тӑван ҫӗршывне индустриализацилес ҫул ҫинчи ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем патне ҫирӗп шанчӑкпа утаҫҫӗ.

* * *

Пилӗкҫуллӑх ҫулӗсенче Антон Иванов ячӗпе тӑракан Софийӑри машиностроени завочӗн продукцине пур ҫӗрте те пӗлсе ҫитнӗ. Вӑл ҫӗршывӑн малта пыракан машиностроени завочӗсенчен пӗри, пӑралакан, якатакан, шӑтаракан, фрезернӑй тата токарнӑй станоксем туса кӑларать.

Ҫак завода Совет Союзӗ тӑванла пулӑшу панипе туса лартнӑ, вӑл ҫӗнӗ машинӑсем туса кӑларас тӗлӗшпе ҫултан-ҫул пысӑк ҫитӗнӳсем тӑвать.

— Ӗлӗк ҫак вырӑнта машинӑсем юсакан пӗчӗк мастерской кӑна пулнӑ, — каласа парать заводри чи лайӑх стахановецсенчен пӗри Стоян Молев токарь. — Мӗнле станоксем юсаман пулӗ—нимӗҫсем, бельгиецсем, французсем, акӑлчансем тунӑ станоксене юсанӑ, анчах хамӑр ҫӗршывра тунисем пӗрре те ҫукчӗ. Халӗ ӗнтӗ вӑхӑтсем улшӑнчӗҫ. Станоксемпе машинӑсем тума эпир те вӗрентӗмӗр.

Завод коллективӗ лайӑх механизм евӗр ӗҫлет. Конструкторсен бюровӗ рабочисемпе пӗрле пулас машинӑсен проекчӗсем ҫинчен сӳтсе явать, стахановецсем паракан сӗнӳсене шута илет.

Нумаях пулмасть завод хӑвӑрт ӗҫлекен токарнӑй станокӑн ҫӗнӗ модельне туса хатӗрленӗ, вӑл минутра виҫӗ пин оборот тума пултарать.

Иртнӗ ҫулталӑк вӗҫӗнче завод ответлӑ заказ илнӗ—Китай Халӑх Республики валли станоксемпе машинӑсем тума хушнӑ. Завод коллективӗ ҫак задание коммунистсен партийӗпе правительство пысӑк шанӑҫ хурса панӑ задани вырӑнне хурса йышӑннӑ. Заказа срокчен пурнӑҫлассишӗн парти организацийӗ пуҫарнипе заводра ӑмӑрту сарӑлса кайнӑ. Цехсенчи стенасем ҫине: «Тӑванла Китай халӑхӗн заказне чыслӑ пурнӑҫлар!»—тесе лозунгсем ҫырса ҫапнӑ.

Вара Хура тинӗс ҫинчи Бургас портӗнчен пысӑк пӑрахут Китая кайма тухнӑ. Унӑн трюмӗсенче Болгарире тунӑ ҫӗнӗ машинӑсем нумай пулнӑ.

«Инҫетри Китайри хаклӑ тусӑмӑрсем, — тесе ҫырнӑ машиностроени заводӗнчи рабочисем хӑйсен Китайри тусӗсем патне, — мире сыхласа хӑварас тата социализм тӑвас тӗллев пире ҫыхӑнтарса тӑнӑ ятпа пирӗн пӗчӗк Болгари аслӑ Китая пулӑшу пама пултарнишӗн эпир телейлӗ. Пирӗн ӗҫ ҫав туслӑха ҫирӗплетме пулӑшнӑшӑн эпир савӑнатпӑр».

— Пирӗн завод юлашки виҫӗ ҫул хушшинче продукци туса кӑларассине виҫӗ хут ӳстерчӗ, — тет завод директорӗ. — Анчах халӑх хуҫалӑхӗн ӳссе пыракан ыйтӑвӗсем пирӗн ӗҫри майсене хӑваласа ҫитсе иртсе каяҫҫӗ. Халӗ ӗнтӗ завода малалла реконструкцилемелли плана туса хатӗрленӗ.

* * *

Завод мӑрйисенчен хура тӗтӗм мӑкӑрланса тухать, вӑл ҫӳлелле хӑпарса майӗпен сирӗлсе пӗтет. Заводӑн чугун ҫулӗсем ҫинче вагонсене тиеҫҫӗ. Кунтан ҫӗршывӑн мӗнпур кӗтесӗсене минераллӑ удобренисем, аналин сӑрӗсем, азот тата кӳкӗрт йӳҫӗкӗсем тата ытти химикатсем кунсерен ҫӗршер тонна тухса каять. Ҫавсене кооперативла уй-хирсенчи ӗҫченсем, промышленность предприятийӗсем, заводсенчи лабораторисем питӗ кӗтеҫҫӗ.

Ҫакӑ вӑл Болгарири пилӗкҫуллӑхра чи малтан тунӑ — Димитровградри И. В. Сталин ячӗпе тӑракан химии комбиначӗн продукцийӗ.

Пилӗк ҫул каялла кунта хула та, ҫак чаплӑ комбинат та пулман. Халӗ вара Балканри питех те пысӑк химии комбиначӗ тата ҫӗнӗ, илемлӗ хула ҫитӗнсе ларчӗҫ.

Буржуалла Болгарин тӗрӗссипе хӑйӗн химии промышленноҫӗ пулман та. Ҫӗршывра минераллӑ удобренисем те туса кӑларман. Совет специалисчӗсен проекчӗсем тӑрӑх тата вӗсем пулӑшнипе туса лартнӑ И. В. Сталин ячӗпе тӑракан химии комбиначӗ ялхуҫалӑхӗ валли минераллӑ удобренисем, промышленность валли—химии продукчӗсем кирлӗ таранах парса тӑрать. Султалӑк ҫурӑ хушшинче коллектив комбинатӑн проектпа пӑхнӑ хӑватлӑхпа кӑна мар, унран нумай иртӗрсе ӗҫлет.

— Пирӗн комбинат туса кӑларакан продукцийӗн пӗлтерӗшне пахалама та йывӑр, — каласа парать унӑн директорӗ Георгий Павлов. — Минераллӑ удобрени — вӑл темисе тонна ҫӗнӗрен хушса пухса илнӗ тырӑ, аш-какай, пахча ҫимӗҫ, улмаҫырла. Вӑл—пирӗн ҫӗршывӑн пулас пуян пурнӑҫӗ.

Эпир минераллӑ удобренисене халӑх демократин ытти ҫӗршывӗсене те ятратпӑр.

* * *

Болгари ӗмӗр-ӗмӗр кая юлса пыни манӑҫа тухса пырать. Тӑватӑ ҫул ӗлӗкрех ӗмӗтсемпе проектсенче кӑна палӑрнисем халӗ пурнӑҫа кӗрсе пыраҫҫӗ. Ӗҫсыннисен паянхи ӗмӗчӗ те ыран пурнӑҫа кӗрет.

Хӑйӗн ҫамрӑк промышленноҫне ҫӗнӗ техникӑпа пуянлатса пырса, халӑх аллине куҫнӑ Болгари ҫав хушӑрах демократи лагерӗнчи ҫӗршывсемпе вӑйлӑ суту-илӳ тӑвать. Болгари халӑхӗ хӑйӗн мирлӗ те хавхаланулла ӗҫӗпе тунӑ продукцие: рудӑна, минераллӑ удобренисене, ялхуҫалӑх продукчӗсене тата ыттисене те урӑх ҫӗршывсенчи тусӗсем патне хӗпӗртесе тата мӑнкӑмӑлланса ярса тӑрать.

Халӗ мӗнпур ещӗксем, грузсем тата машинӑсем ҫинче «Болгарире тунӑ», тесе ҫырни кӑмӑла ҫӗклентерет.

П. ГОЛУБЕВ.

София хули.

## Чехословакири шахтӑсенче Совет Союзӗнчи ӗҫ меслечӗсемпе усӑ кураҫҫӗ

ПРАГА, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). Остравско-Карвински ҫӗр кӑмрӑк бассейнӗнчи малта пыракан шахтӑсенчи шахтерсем, Совет Союзӗнчи ӗҫ меслетне — цикличнӑй график тӑрӑх ӗҫлемелли меслете вӗренсе, ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларассине чылай ӳстерчӗ. Бассейн чылай вӑхӑт хушши плана тултарса пыман пулнӑ. Кӑҫалхи сентябрь уйӑхӗнчен пуҫласа бассейн плана йӗркеллӗ тултарса пыма пуҫланӑ. Хаҫатсенче Остравско-Карвински ҫӗр кӑмрӑк бассейнӗ ноябрь уйӑхӗнчи плана 105,2 процент тултарни ҫинчен пӗлтерни пичетлесе кӑларнӑ. Бассейнри «Карвина» ятлӑ чи пысӑк трест плана 108,2 процент тултарнӑ. Ҫак трестри забойщиксенчен 80 проценчӗ Совет Союзӗнчи ӗҫ меслечӗсемпе усӑ курать ӗнтӗ.

## Китайра тӑвар промышленноҫӗ аталанать

ШАНХАЙ, декабрӗн 5-мӗшӗ. (ТАСС). «Цзефанжибао» хаҫат Хуайбэйри тӑвар промыслисем—Китайри чи пысӑк промыслӑсенчен пӗри—производствӑра пысӑк ҫитӗнӳ туни ҫинчен пӗлтерет. Кӑҫал кӗркунни уйӑхсенче, тесе ҫырать хаҫат, кунта тӑвар нумайрах кӑларассишӗн ӑмӑрту анлӑ сарӑлнӑ. Сентябрь уйӑхӗн пуҫламӑшӗнче производствӑлла бригадӑсем 300 ытла пысӑк обязательствӑсем илнӗ. Вӗсем ҫав обязательствӑсене пурнӑҫлассишӗн пысӑк хастарлӑхпа ӗҫленӗ. Ҫавна пула сентябрьте тӑвар кӑлармалли плана 346 процент тултарнӑ. Хуайбэйри промыслӑсем кӑҫал кӗркуннехи сезон вӑхӑтӗнче, иртнӗ ҫулхи ҫак тапхӑрпа танлаштарсан, 12 хут ытларах тӑвар кӑларнӑ. Кун пек нумай тӑвар кӑларни промыслӑсен историйӗнче халиччен пулман.

## БОЛГАРИ СТОЛИЦИНЧИ ПРОМЫШЛЕННОСТЬ

СОФИЯ, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). Юлашки темиҫе ҫул хушшинче София хулинче чылай пысӑк предприятисем — К. Е. Ворошилов ячӗпе тӑракан электрозавод, В. Коларов ячӗпе тӑракан электричество кабелӗсем тӑвакан завод, Вылко Червенков ячӗпе тӑракан завод, Эрнст Тельман ячӗпе тӑракан ҫип арлакан фабрика тата ытти предприятисем те туса лартнӑ.

Болгарири телеграф агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, 1948 ҫултан пуҫласа 1952 ҫулччен София хулинчи промышленность предприятийӗсен пӗтӗм продукцийӗн калӑпӑшӗ 380 процент чухлӗ ӳснӗ. Нумай предприятисем производствӑна темиҫе хут ӳстернӗ.

София хулинчи пир-авӑр промышленноҫӗ 1952 ҫулта продукци туса кӑларассине, 1949 ҫулхипе танлаштарсан, икӗ хут ӳстернӗ. Апат-ҫимӗҫ промышленноҫӗ хальхи вӑхӑтра, 1949 ҫулхипе танлаштарсан, апат-ҫимӗҫ продукчӗсем 177 процент ытларах туса кӑларать.

Машинӑсем тӑвасси те пысӑк хӑвӑртлӑхпа аталанса пырать.

## ООН Генеральнӑй Ассамблейин VIII-мӗш сессийӗ

### Декабрӗн 3-мӗшӗнчи пӗрлехи лару

НЬЮ-ЙОРК, декабрӗн 3-мӗшӗ. (ТАСС). Декабрӗн 3-мӗшӗнче Генеральнӑй Ассамблейӑн пӗрлехи ларӑвӗнче США ертсе пыракан ҫӗршывсен ушкӑнӗ «тискер ӗҫсем» текенскерӗ ҫинчен калакан ыйту тӑрӑх тӑратнӑ резолюци проектне сасӑланӑ. Ҫав «тискер ӗҫсене» Корейӑпа Китай енӗн ҫарӗсем «ООН-ӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен тыткӑна лекнӗ ҫар ҫыннисем тӗлӗшпе» тунӑ пулать.

СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки делегацийӗсем ҫак резолюци проектне хирӗҫ сасӑланӑ. Вунӑ ҫӗршывӑн представителӗсем (Пакистан, Саудовски Арави, Сири, Йемен, Югослави, Афганистан, Бирма, Египет, Индонези, Ирак) нихӑш майлӑ та сасӑламан. Инди делегацийӗ сасӑланӑ ҫӗре хутшӑнман, Ливанпа Сальвадор делегачӗсем ларура пулман. Америкӑпа Англи ушкӑнӗ Китай Халӑх Республикипе Демократиллӗ Корея Халӑх Республики тӗлӗшпе хӑйӗн суя, провокациллӗ резолюци проектне йышӑнтарнӑ.

Индонезипе Пакистан представителӗсем хӑйсем мӗншӗн ҫавӑн пек сасӑлани ҫинчен ӑнлантарса парас тӗлӗшпе тухса каланӑ. Вӗсем Америка делегацийӗ сӗннӗ ыйтӑва Генеральнӑй Ассамблейӑра Китайпа Ҫурҫӗр Корея представителӗсемсӗр пуҫне сӳтсе явма юраманнине кӑтартса панӑ. Вӗсем ҫакна паллӑ тунӑ: ҫак ҫӗршывсем хӑйсене айӑпласа каланӑ пирки хӑйсен шухӑш-кӑмӑлне каласа панине итлемесӗр резолюци йышӑнма юрамасть. Вӑл резолюцире Китайпа Ҫурҫӗр Корейӑна хытӑ айӑплаҫҫӗ.

СССР представителӗ А. Я. Вышинский сасӑлассин сӑлтавӗсем пирки тухса каланӑ. Вӑл ҫакна кӑтартнӑ: совет делегацийӗ тата ытти чылай делегацисем Америка делегацийӗ «тискер ӗҫсем» текенскерӗ ҫинчен сӗннӗ ыйтӑвӑн, ҫавӑн пекех США оборона министерстви ҫак ыйту тӑрӑх тунӑ «докладӑн» элеклӗ, провокациллӗ шухӑшне ҫирӗплетсе панӑ. Ҫавӑнпа та СССР делегацийӗ Пӗрлешӳллӗ Штатсем ертсе пыракан ҫӗршывсен ушкӑнӗ сӗннӗ резолюци проектне хирӗҫ сасӑланӑ. Вӑл резолюци проекчӗ Китай Халӑх Республикипе Демократиллӗ Корея Халӑх Республики тӗлӗшпе суя, элеклӗ, провокациллӗ, тӑшманла шухӑш тытакан резолюци проекчӗ пулса тӑрать.

## Совет Союзӗпе туслӑ пурӑнассишӗн

### Францири пухусемпе митингсем

ПАРИЖ, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). «Франци—СССР» ассоциацийӗсем пуҫарнӑ, Совет Союзӗпе туслӑ пурӑнассишӗн пыракан кампани пӗтӗм Францире ӑнӑҫлӑ иртет. «Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Совет Союзӗн политика, экономика тата культура тӗлӗшпе тунӑ ҫитӗнӗвӗсемпе паллаштарма ҫӗршывра 600 пуху иртернӗ ӗнтӗ. Декабрӗн 10-мӗшӗ тӗлне Франципе Совет Союзӗ союзлӑ пуласси тата пӗр-пӗрне пулӑшасси ҫинчен тунӑ договор ҫине алӑ пуснӑранпа тӑхӑр ҫул ҫитнӗ тӗле—ассоциаци тӗрлӗ хуласенче пухусемпе митингсем ҫӗр ытла иртерме хатӗрленет.

«Франци—СССР» ассоциацийӗн руководителӗсем Францири нумай политикӑлла паллӑ деятельсене ҫак кампание хутшӑнма чӗнсе каланӑ. Чӗнсе калани ҫине ответлесе, Наци пухӑвӗн председателӗ Эдуард Эррио ҫапла пӗлтернӗ:

«Ҫак сӗнӳсене малтанхи хут вуланӑ чухне, вӑл сӗнӳсенче эпӗ хам яланах хӳтӗлекен шухӑшсене хирӗҫ ҫынине нимӗн те тупмарӑм». Наци пухӑвӗн депутачӗ Мишель Морис-Бокановский («социальнӑй ӗҫсен республикӑри союзӗ») хӑй мӗнпур ҫӗршывсем хушшинчи дипломати, суту-илӳ тата культура ҫыхӑнӑвӗсене анлӑн сарса ярассишӗн тӑни ҫинчен каланӑ. «Мӗншӗн-ха Совет Союзӗпе ҫыхӑну тытмалла мар? Эпӗ ун пек сӑлтав курмастӑп, — тенӗ вӑл. — Эпӗ ҫакӑншӑн тӑратӑп: политикӑлла ыйтусемсӗр пуҫне, ҫак ҫӗршывсем хушшинчи хальхи вӑхӑтри ҫыхӑнусене лайӑхлатни нумай ӑрусемшӗн мир шанчӑкӗ пулса тӑтӑр». Бове хулин мэрӗ, Франципе унӑн союзникӗсем, ССР Союзӗпе калаҫусене мӗнле те пулин «хӑвӑртрах пуҫлама» кирлине палӑртнӑ.

Совет Союзӗн культурӑпа экономика тӗлӗшпе тунӑ ҫитӗнӗвӗсемпе паллаштарма Францири нумай ялсенче те пухусем иртереҫҫӗ.

## Франци халӑхӗ Вьетнамри миршӗн тӑрать

ПАРИЖ, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Вьетнам Республикин президенчӗ Хо Ши Мин Индо-Китай ыйтӑвне калаҫусем ирттерсе татса пама май пулни ҫинчен Швецири «Экспрессен» хаҫата панӑ ответсене Францире кӑмӑлласа йышӑннӑ. Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗн Бюровӗ пӗлтерни пичетлесе кӑларнӑ. Унта ҫакна паллӑ тунӑ: Индо-Китайри вӑрҫа чарса лартас тӗллевпе калаҫусем иртересси пӗтӗмӗшпех Франци правительствинчен килет. Индо-Китайри вӑрҫӑ Францин наци интересӗсемпе килӗшсе тӑмасть. «Вьетнамри вӑрҫа чарса лартмалла—пирӗн мӗнпур халӑхӑн, уйрӑммӑн илсен, мӗнпур рабочи класӑн шухӑш-ӗмӗтӗ ҫакӑн пек, — тенӗ пӗлтернинче. — Ӗҫсыннисен тата пӗтӗм халӑхӑн кӑмӑлне, Хо Ши Мин правительствипе калаҫусем иртернӗ май, ҫавӑн пек результат патне илсе ситерме пулӑшӗ, илсе ситермелле те».

Пӗтӗм Францири ӗҫлев конфедерацийӗ Францири ӗҫсыннисене Вьетнамри колониллӗ вӑрҫа чарса лартассишӗн кӗрешмелли пӗтӗм тӗнчери куна хатӗрленес ӗҫре активлӑн хутшӑнма чӗнсе каланӑ. Ҫав куна Профсоюзсен Пӗтӗм тӗнчери виҫҫӗмӗш конгресӗ декабрӗн 19-мӗшӗнче иртерме палӑртнӑ.

«Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Тури Гаронна департаменчӗн генеральнӑй совечӗ, пӗр ҫын пек пулса, резолюци йышӑннӑ. Унта ҫакӑн пек требовани лартнӑ: Хо Ши Мин пӗлтернипе усӑ курса, Франци правительствин калаҫусем иртермелле, «ҫав калаҫусем Индо-Китайри вӑрҫӑ ӗҫӗсене чарса лартма пултараҫҫӗ». Воверти (Гар департаменчӗ) муниципальнӑй совет (ӑна Наци пухӑвӗн депутачӗ Гурдон социалист ертсе пырать), Сен-Поль-Ларошра (Дордонь департаменчӗ) пурӑнакансем—вӑрҫӑ участникӗсем пулнӑскерсем—тата ытти организацисем те Вьетнамра мир тӑвассишӗн тухса каланӑ.

## США Индо-Китайри вӑрҫа малалла тӑсма тӑрӑшать

ПАРИЖ, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). Парижри хаҫатсем ҫырнӑ тӑрӑх, Хо Ши Мин пӗлтернӗ хыҫҫӑн баодайла Вьетнамри шалти лару-тӑру питӗ ҫивӗчленнӗ. Вьетнамри буржуалла националистсем (вӗсенчен нумайӑшӗ, «Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Америка агенчӗсем пулса тӑраҫҫӗ), вӑрҫӑ ӗҫӗсене чарса лартасси ҫинчен Хо Ши Мин правительствипе калаҫусем иртерессине хирӗҫ тӑраҫҫӗ. Вӗсем Бао Дай умне ультиматум кӑларса тӑратнӑ, ҫакӑн пек требовани лартнӑ: е вӑрҫа «мӗн ҫӗнтериччене» тӑсса пымалла, е «престолтан тухасси ҫинчен пӗлтермелле».

«Юманите» хаҫат ҫапла ҫырать: Бао Дай хула тулашӗнчи хӑйӗн резиденцийӗнче националистсемпе иртерне калаҫусем путланса ларнӑ. «Комба» хаҫат ҫапла пӗлтерет: Бао Дая хӗсес тесе, националистсем Сайгонра ҫӗнӗрен конгресс пухма йышӑннӑ.

Бао Дайӑн позицине илес пулсан, «Комба» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, «Хо Ши Мин сӗнӗвӗсем пирки вӑл ним тума аптранӑ». «Комба» хаҫат кӑтартса панӑ тӑрӑх, Бао Дай ҫапла шутлать: «баодайла Вьетнамӑн, хӗвеланаҫӗнчи пӗр-пӗр аслӑ державӑн ҫирӗп пулӑшӑвӗсӗр, Вьетмина (урӑхла каласан, Демократиллӗ Вьетнам Республики.—Ред.) хирӗҫ ӑнӑҫлӑ кӗрешме нимӗнле шанӑҫ та ҫук...»

«Комба» хаҫат хӑйӗн Вашингтонри корреспонденчӗ Жорж Лами-Перер ҫырнӑ статьяна пичетлесе кӑларнӑ. США правительстви Вьетнампа калаҫусем иртерессине урӑхла вӑйсемпе чӑрмантарма тӑрӑшать, тесе кӑтартса парать корреспондент. Вӑл ҫапла пӗлтерет: Америка правительстви пулма пултаракан мирлӗ калаҫусенчен хӑрать тата вӑрҫа малалла тӑсса пыма хытӑ тӑрӑшать.

## Англи хаҫачӗ виҫӗ державӑн Бермуд утравӗсем ҫинчи канашлӑвӗ ҫинчен

ЛОНДОН, декабрӗн 4-мӗшӗ. (ТАСС). «Дейли миррор» хаҫат редакци ҫырнӑ статьяра Пӗрлешӳллӗ Штатсен тулашри политики пирки хытӑ пӑшӑрханнине палӑртать, Бермуд утравӗсем ҫинчи канашлура ҫав политикӑна тӗпрен улӑштарма требовани лартмалла тесе Черчилле чӗнсе калать. «Дейли миррор» хаҫат ҫапла ҫырать: «Эпир Америка самолечӗ ҫинче малашлӑх патне пынине пӗлетпӗр. Анчах пире пилот пӑшӑрхантарать. Вӑл малашне те хальхи вӑхӑтри ҫул-йӗре тытса пырсан, малашлӑх пулмӗ те. Пилот тӳрех вилӗм патнелле ыткӑнать, пире те, пассажирсене, хӑйӗнпе пӗрле сӗтӗрет. Парашютсем ҫук. Никам та ҫӑлӑнма пултараймасть».

Хаҫат малалла ҫапла ҫырать: «Ку вӑл эпир пули-пулми япаласемшӗн шӑв-шав кӑларнине пӗлтермест. Америка политики пире чылай сехӗрлентерет».

Хаҫат малалла Америка Ли Сын Манпа Чан Кай-шие пулӑшнине кӑтартса парать. Вӑл ҫапла ҫырать: Англи халӑхӗ маккартизмран йӗрӗнет. Хаҫат Америкӑна Китая йышӑнма тата тӑватӑ державӑн калаҫӑвӗсене иртерме чӗнсе калать.

## 1954 ҫулта государство заемӗсен вылявӗсене иртермелли план

1954 ҫулта ССР Союзӗн государство заемӗсен 27 вылявне, ҫав шутра выигрышсем илмелли 16 выляв, облигацисен хакне тӳлесе каялла илмелли тӑватӑ выляв, Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн ултӑ вылявне тата хушса иртерекен пӗр вылявне иртереҫҫӗ.

Январь уйӑхӗнче СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли виҫҫӗмӗш государственнӑй заемӑн вылявне (январӗн 24-мӗшӗнче Акмолинск хулинче) тата Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн вылявне (январӗн 30-мӗшӗнче Мускавра) иртерме палӑртнӑ.

Февралӗн 28-мӗшӗнче СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли иккӗмӗш государственнӑй заемӑн вылявӗ (Ворошиловградра), мартӑн 7-мӗшӗнче — СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли пиллӗкмӗш государственнӑй заемӑн (Мускавра), мартӑн 14-мӗшӗнче—СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли тӑваттӑмӗш государственнӑй заемӑн (Томскра), мартӑн 30-мӗшӗнче—Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн (Бакура) вылявӗсем пулаҫҫӗ.

Апрелӗн 25-мӗшӗнче Вильнюсра СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1951 ҫулхи кӑларӑм) вылявӗ пулать. Май уйӑхӗнче: Государствӑн 1948 ҫулхи 2 процентлӑ заемӗн вылявне майӑн 9-мӗшӗнче Пензӑра, СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1952 ҫулхи кӑларӑм) вылявне майӑн 23-мӗшӗнче Мускавра тата Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн вылявне майӑн 30-мӗшӗнче Ленинградра иртереҫҫӗ.

Июнӗн 20-мӗшӗнче Шупашкарта СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли виҫҫӗмӗш государственнӑй заемӑн, июлӗн 25-мӗшӗнче Ижевскра СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1953 ҫулхи кӑларӑм), июлӗн 30-мӗшӗнче Киевра Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн, августӑн 22-мӗшӗнче Ленинабадра СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли иккӗмӗш государственнӑй заемӑн вылявӗсем пулаҫҫӗ.

Сентябрь уйӑхӗнче тӑватӑ выляв иртереҫҫӗ: СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли тӑваттӑмӗш государственнӑй заемӑн выляв укҫи тухмалли тата облигацисен хакне тӳлесе каялла илмелли вылявӗсем сентябрӗн 19-мӗшӗпе 20-мӗшӗнче Астраханьре пулаҫҫӗ; Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн тӗп вылявӗ тата хушса иртерекен вылявӗ сентябрӗн 30-мӗшӗнче Мускавра пулаҫҫӗ.

Октябрӗн 24-мӗшӗнче Запорожьере СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли пиллӗкмӗш государственнӑй заемӑн вылявне тата октябрӗн 31-мӗшӗнче Мускавра СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли государственнӑй заемӑн облигацисен хакне тӳлесе каялла илмелли вылявне иртереҫҫӗ.

Ноябрьте виҫӗ выляв иртереҫҫӗ: ноябрӗн 14-мӗшӗнче Псковра СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1951 ҫулхи кӑларӑм), ноябрӗн 21-мӗшӗнче Мускавра СССР халӑх хуҫалӑхне юсаса малалла аталантармалли виҫҫӗмӗш государственнӑй заемӑн тата ноябрӗн 30-мӗшӗнче Мускавра Государствӑн 3 процентлӑ выляса илмелли шалти заемӗн вылявӗсем пулаҫҫӗ.

Декабрьте тӑватӑ выляв иртерме палӑртнӑ: декабрӗн 12-мӗшӗнче Орел хулинче СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӗн (1953 ҫулхи кӑларӑм), декабрӗн 19, 20 тата 21-мӗшӗсенче Серпуховра Государствӑн 1948 ҫулхи 2 процентлӑ заемӗн выляв укҫи тухмалли тата облигацисен хакне тӳлесе каялла илмелли вылявӗсем, декабрӗн 26-мӗшӗнче Новгородра СССР халӑх хуҫалӑхне аталантармалли государственнӑй заемӑн (1952 ҫулхи кӑларӑм) вылявне иртереҫҫӗ. (ТАСС).

## Тӗрӗслеме янӑ ҫырусем тӑрӑх

Елчӗк районӗнчи «Новая жизнь» колхоз председателӗ Кириллов яланах ӗҫсе ҫӳренипе колхоз ӗҫӗсене япӑхтарни ҫинчен пӗлтерекен ҫырӑва «Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцийӗ КПСС Елчӗк райкомне янӑччӗ.

КПСС Елчӗк райкомӗ ҫапла пӗлтерчӗ: Кириллова колхоз правлени ларӑвӗнче ятланӑ, выльӑх-чӗрлӗх вилнӗшӗн айӑплӑ ҫынсенчен выльӑх-чӗрлӗх хакне шыраса илме хушнӑ.

Редактор заместителӗ М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ—декабрӗн 6-мӗшӗнче вырӑсла спектаклӗсем: кӑнтӑрла «Не называя фамилий», каҫхине—«Любовь на рассвете».

Кӑнтӑрлахи спектакль 12 сехетре, каҫхине—19 сехет те 30 минутра пуҫланать.

ҪАМРАКСЕН ТЕАТРӖНЧЕ — декабрӗн 6-мӗшӗнче кӑнтӑрла тата каҫхине «Цитадель славы».

Кӑнтӑрлахи спектакль 14 сехетре, каҫхине—19 сехет те 30 минутра пуҫланать.

### КИНО

«УДАРНИК»—декабрӗн 6-мӗшӗнче Италире ӳкернӗ илемлӗ фильм «Нет мира под оливами».

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—3-54, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09395 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР, Заказ № 2932 Тираж 20.000 экз.